ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Апрель 8 юнкун № 72 (8981)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Виçĕ республика ăмăртăвĕнче мала тухассишĕн

Паян эпир Чăваш АССР-ĕнчи колхоз председателĕсен республикăри канашлăвĕн материалĕсене пичетлетпĕр.

Канашлу, ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе республика умĕнче тăракан задачăсене сÿтсе явса, тата мĕнпур майсемпе вăйсене шута илсе, социализмла обязательствăсем йышăнчĕ. Кашни районта, кашни колхозра ялхуçалăх культурисем акса тăвас тĕлĕшпе государство планне тултармалла. Уйрăмах техникăллă культурăсемпе выльăх апачĕ тумалли культурăсем акакан çĕр лаптăкне пысăклатма тата вĕсен тухăçлăхне ÿстерме тăрăшмалла, тенĕ канашлу йышăннă обязательствăра.

Кăçал республикăри колхозсен кашни гектартан вăтам шутпа 16 центнертан кая мар тырпул туса илмелле, вăл шутран: ыраш—17 центнер, çурхи тулă—16 центнер, йĕтĕн вăрри—4,1 центнер, йĕтĕн сÿсĕ—4,1 центнер, кантăр вăрри—4 центнер, кантăр сÿсĕ—4,3 центнер, махорка—15 центнер, хăмла—7 центнер, çĕрулми—150 центнер, нумай çул ÿсекен курăксен вăрлăхĕ—1,5 центнер. Ытти ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне те планра кăтартнă хисепрен ытларах ÿстермелле.

Çак обязательствăсем 1953 çулта — пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче пирĕн республика ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсене килĕшÿллĕ. Вĕсене анăçлă пурнăçлама мĕн кирлĕ, çавсем пирĕн пурте çителĕклĕ. Партипе правительство тăрăшнипе пирĕн колхозсемпе МТС-сем ку чухнехи çĕнĕ, малта пыракан техникăпа хĕçпăшалланчĕç. Ака-суха тăвас, тырпул пухса кĕртес ĕçсене, тĕпрен илсен, механизацилесе çитерне. Государство колхозсене минераллă удобренисем нумай парать. Çĕр пахалăхĕ лайăхланать. Сортлă, пысăк тухăç паракан вăрлăх ытларах та ытларах акма пуçланă. Ялхуçалăх ĕçченĕсен квалификацийĕ ÿсрĕ. Вĕсем çĕрĕç наукин çитĕнĕвĕсемпе малта пыракансен опытне пурнăçа кĕртсе пыраççĕ.

Ялхуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсене пур майсемпе те аталантарма мĕнпур резервсемпе тата ресурссемпе пĕтĕмпех усă курасси ялхуçалăх ĕçченĕсен тĕп задачи пулса тăрать. Çав задачăна пурнăçланипе эпир халăх валли тыррă, аш-какайпа сĕтçу, çĕрулми, пахча çимĕç тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем, çăмăл промышленность валли чĕртавар нумайтарах та ытларах хатĕрлесе пама пултаратпăр.

ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ ĕççыннисене куллен кирлĕ таварсен хакĕсене çĕнĕрен йÿнетни колхоз хресченĕсене Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн пархатарлă пысăк ĕçсем тума хавхалантарчĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетме хăйсен пĕтĕм пултарулăхĕпе хастарлăхне парса ĕçлеççĕ. Чкаловски районĕнчи колхоз ĕçченĕсем пуçарса янă социализмлă ăмăртăва колхоз хресченĕсен анлă масси хутшăнчĕ. Колхоз председателĕсен республикăри канашлăвĕ кăçал та, ытти çулсенчи пекех, кÿршĕри тăванла республикăсенчи—Мордва тата Мари республикисенчи колхоз хресченĕсемпе ăмăртса ĕçлеме йышăнчĕ.

Çитес кунсенче республикăра ака-суха ĕçĕсем пуçланаççĕ. Çураки 1953 çулта ялхуçалăхне аталантармалли плана тултарас ĕçĕн ăнăçлăхне татса паракан ответлă тапхăр пулса тăрать. Халĕ ĕнтĕ, акмалли çĕр лаптăкне вăрçă умĕнхи шая çитерсе, унтан иртерсе янă хыççăн, çĕрçĕн продукцине ÿстерес ĕçре пĕртенпĕр тĕрĕс çул вăл тырпул тухăçлăхне малашне те пĕрмаях хăпартса пырасси пулать. Тырпул тухăçлăхне ÿстерессi—çĕр ĕçĕнчи тĕп задача,—тесе кăтартса пачĕ партин XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ. Çакна ăнăçлă пурнăçлас тесен пирĕн мĕн тумалла-ха? Пуринчен малтан, уй-хир ĕçĕсен пахалăхне тĕпрен лайăхлатмалла, уй-хирти пур ĕçсене те вăхăтра, кĕске срокра тата агротехника хушнă пек туса ирттермелле. Çавăнпа та тракторсемпе тата ытти машинăсемпе тухăçлă ĕçлени кирлĕ. Пур колхозсенче те нумай çул ÿсекен курăксем акнă пусă çаврăнăшĕ туса çитермелле. Кунпа пĕрлех кашни колхозра вăрлăхлăх тырă акса тăвас ĕçе йĕркелес пулать, сортсăр вăрлăх акни текех пулмалла мар. Çĕре сухаласа çемçетес, удобренисемпе пĕлсе усă курас тĕлĕшпе пур çĕрте те çирĕп йĕрке туса хумалла. Çак ĕçсене пурне те пĕрпĕрне тачă çыхăнтарса тата пĕр вăхăтра тумасан, ăнăçу пысăк пулассине кĕтме çук.

Кашни колхозра çурхи ака-суха ĕçĕсене пурне те хăвăрт тата лайăх ирттересси—ялхуçалăх работникĕсен пирвайхи тивĕçĕ. Кăçалхи çураки малта пыракан агротехникăна çирĕп пурнăçласа ирттернĕ çураки пулмалла.

Çуракинче МТС-сем тĕп вырăнта тăраççĕ. Кăçал уй-хирти ĕçсене пĕлтĕрхинчен нумай ытларах механизацилемелле пулать. Тракторсене тата вĕсенчен кăкарса ĕçлемелли машинăсене часрах юсаса пĕтермелле, кирлĕ чухлĕ горючи хатĕрлемелле. Тракторпа тухăçлă ĕçлеме бригадăсенче пуринче те мĕн кирлине пурне те хатĕрлесе çитермелле. Кашни тракторпа икĕ сменăпа ĕçлемелле тăвас пулать, унсăр пуçне сменăри нормăна кашни тракторист куллен тултарса пыма тивĕç.

Колхозлă уй-хирте малтанхи çурхи ĕçсем пуçланчĕç. Уйрăм колхозсем кĕрхи калчасене удобренисем сапса апат пама тытăнчĕç. Халĕ ĕнтĕ уй-хирти ĕçсем кунсерен нумайланса пыраççĕ. Анчах фактсем акă мĕн çинчен калаççĕ: чылай колхозсемпе МТС-сем çуракине ăнăçлă ирттерме халĕ те хатĕрленсе çитмен. Тракторсене юсас тĕлĕшпе Советски, Калинино, Чурачăк, Шăхасан, Куславкка, Етĕрне тата ытти МТС-сем чăтма çук кая юлчĕç. Уйрăм колхозсен вăрлăх çитмест, пуррине те акма юрăхлă туса çитермен. Чылай МТС-семпе колхозсенче производство планĕсене бригадăсене çитерсе паман, нумай колхозниксем ака-суха вăхăтĕнче ăçта ĕçлемеллине, ĕç нормине пĕлмеççĕ. Çак çитменлĕхсене паян-ыранах пĕтерес пулать. Çуракин малтанхи кунĕнчен пуçласах машинăсемпе, лашасемпе, ĕç вăйĕпе туллин усă курмалла тăвас пулать. Ир акакан çурхи культурăсене 6—7 кунта акса пĕтермелле.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те ответлă тапхăр çитсе тăчĕ. Выльăхсене ăнăçлă хĕл каçарса, кĕтĕве кăларма хатĕрленни, кăçалхи çамрăк выльăхсене пурне те сыхласа хăварни выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес государство панă плана тултарас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çитес хĕлте выльăх-чĕрлĕхе ăнăçлă пăхса усрама халех хатĕрленме тытăнмалла. Выльăх апачĕ çинчен çак кунсенчех тĕплĕн шухăшласа пăхмалла. Нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăксем, силос культурисем, выльăх кăшманĕ акса тумалли плана пĕтĕмпех тултармалла, вĕсене кĕске срокра, агротехника кăтартăвĕсене çирĕп пурнăçласа акса хăвармалла. Çав культурăсен тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстерсе пымалла. Улăх-çарансене, кĕтÿ кĕтмелли вырăнсене лайăхлатас, унти ÿсентăрансен тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе те пысăк ĕçсем тăвас пулать.

Колхоз председателĕсен республикăри канашлăвĕ кашни 100 пуç ама выльăхран 60 тиха, 90 пăру, 110 путек, 14 сысна çури илме, кашни ĕнерен 1.400 килограмм сĕт, кашни çитĕннĕ сурăхран вăтам шутпа 3 килограмм çăм, кашни чăхран 80 çăмарта илме йышăнчĕ. Выльăх апачĕ валли акса тăвакан культурăсен тухăçлăхне нумай ÿстерме палăртнă. Кашни гектартан нумай çул ÿсекен курăкути 30 центнертан кая мар, çаранути 22 центнертан, выльăх кăшманĕ 300 центнертан, силос культурисем 2.500 центнертан кая мар пухса кĕртмелле.

Республикăри ялхуçалăх ĕçченĕсем йышăннă обязательствăсем Тăван çĕршыв умĕнчи задачăсенчен тухса тăраççĕ. Вĕсене чыслăн пурнăçласси колхозлă ялти кашни ĕçченĕн патриотла тивĕçĕ пулса тăрать.

Парти организацийĕсен задачи—колхоз хресченĕсен куллен вăйланса пыракан социализмла ăмăртăвне партиллĕ-организациллĕ тата политикăллă ĕçсемпе çирĕплетсе пырасси пулать. Коммунистсемпе комсомолецсене колхоз производствин ответлă участокĕсем тăрăх тĕрĕс вырнаçтарса тухса, вĕсен авангардлă рольне ÿстермелле, бригадăсене политикăллă-массăллă ĕçĕн центрĕ туса хумалла. Парти работникĕсен колхозниксен анлă массисем хушшинче тăтăшах пулса, вĕсене республика, колхозпа, МТС, бригада тата кашни колхозник умĕнче тăракан задачăсене тĕплĕн ăнлантарса памалла.

Вăйлă тырпулшăн, йышлă та пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн, аслă Тăван çĕршывăн вăй-хăватне ÿстерессишĕн пĕтĕм вăйпа пултарулăха парса ĕçлер! Социализмла ăмăртăва анлăн сарса, 1953 çулта—пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче ялхуçалăх енĕпе пирĕн умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçлар!

# СОВЕТ СОЮЗĔ ТĂРĂХ

## Дон тăрăхĕнче

ДОН çинчи РОСТОВ, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Дон тăрăхĕнче çуркуннехи сантаăк час-часах улшăнса тăрать: çĕрле тата ирхине шăнтса лартать, кăнтăрла вăйлă çил вĕрет. Кăнтăр енчи районсенчи колхозниксем, çанталăк лайăх тăманнинчен килекен йывăрлăхсене çĕнтерсе, уй-хир ĕçĕсене вăйлатсах пыраççĕ. Песчанокопски, Развиленски, Сальски тата ытти районсенче тĕштырăсене массăллăн акма тытăннă. Тĕштырăсем 100.000 гектара яхăн акнă.

Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал çывăхĕнчи колхозсем уй-хир ĕçĕсене тума тытăнаççĕ. Веселовски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз çуракине тухнă. Маленков ячĕпе тăракан, «Заветы Ильича», Шверник ячĕпе тăракан колхозсем шăварса тырпул ÿстермелли пусăсене — кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене сÿрелеççĕ. Веселовски районĕнчи колхозниксем ир акакан тĕштырăсене 4—5 кун хушшинче акса пĕтерме пулнă. Кунта кăçал, çĕнĕ каналсем ĕçе кĕнĕ май, шăварса тулă, рис тата хлопчатник ÿстермелли лаптăксем чылай пысăкрах пулаççĕ.

Ытти районсенчи колхозниксем те шăваракан çĕрсем çинче кĕрхи çĕртме тунă вырăнсене сÿрелеме тытăннă. Тырпула шăваракансем колхозсен каналĕсене шыв илсе пыма хатĕрлеççĕ.

## Ялсем çĕнелеççĕ

КИСЕЛЕВКА (Николаев облаçĕ), апрелĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта уй-хире шăвармалли Тури Ингулец системине тăвакансем килнĕренпе çулталăк иртрĕ. Кăнтăр Украина каналĕн пĕр пайĕ пулса тăракан Тури Ингулец системине тăвакансем Киселевка патĕнче пуçласа çулталăк хушши ĕçлерĕç. Çак вăхăт хушшинче «Укрводстрой»ăн Снигиревкăри управленийĕн 3-мĕш строительство участокĕ вырнаçнă ял пите нумай çĕнелчĕ.

Пысăках мар лаптăк тавра икшер хваттерлĕ суртсем лартнă. Кунтах столовăй çурчĕ тата строительство участокĕн кантурĕ вырнаçнă. Тротуарсен айккине улмуççи, груша, абрикос лартса ÿстернĕ.

Çĕнĕ поселок варринче вăтам шкул çурчĕ туса пĕтереççĕ тата стенисене кирпĕчрен купаласа тăватă çурт лартаççĕ. Часах водопровод ĕçлеме пуçлать. Тротуарсене асфальт сарса хытараççĕ. Поселокра икшер хваттерлĕ 10 çурт лартма пуçлаççĕ.

## Сельдь нумай тытаççĕ

ВЛАДИВОСТОК, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Пулă тытакан экспедици виççĕмĕш талăк ĕнтĕ Татарски проливра сельдь тытать. Çанталăк лайăх тăрать. Пулă тытакан суднăсен экипажĕсем кăнтăрла кăна мар, çĕрле те пулă тытаççĕ.

Пулă нумай кĕрет. Пулă тытакан вырăнтан 18 сейнер таврăннă, вĕсем 33.000 пăт пулă тытса килнĕ. 623-мĕш номерлĕ сейнер экипажĕ пĕре çĕрсе 3.325 пăт сельдь тытнă, темиçе сехет хушшинче çур уйăх нормине тултарнă. «Илим» ятлă сейнер экипажĕ те ĕнер çавăн чухлех сельдь тытнă.

## А. Н. Островский çуралнăранпа 130 çул тултарнă тĕле

Мускав общественноçĕ вырăссен аслă драматургĕ А. Н. Островский çуралнăранпа 130 çул тултарнине палăртать.

Апрелĕн 6-мĕшĕнче искусство работникĕсен Центральнăй çуртĕнче А. Н. Островские асăнса пуху ирттернĕ. Профессор В. А. Филиппов хăйĕн докладĕнче А. Н. Островский драматургийĕ вырăс театрне аталантарас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă. Аслă драматург произведенийĕсем тăрăх талантлă артистсен ăрăвĕ ÿссе çитĕннĕ.

Пирĕн çĕршывра аслă драматург произведенийĕсене юратаççĕ тата хаклаççĕ. Унăн пьесисене Совет Союзĕнчи 29 халăх чĕлхипе куçарса кăларнă, çĕршыври 880 театрта лартса панă. Çавăн пекех унăн пьесисене колхозсенчи, предприятисенчи, шкулсенчи пултарулăх кружокĕсем нумай лартса параççĕ. Россия Федерацийĕнчи театрсенче кăна Островский спектаклĕсене çуллен 14 пине яхăн лартса кăтартаççĕ. Унăн произведенийĕсене пурне те тенĕ пекех Кĕçĕн театр репертуарне кĕртнĕ. Кĕçĕн театра тивĕçлипе «Островский çурчĕ» теççĕ.

Пуху хыççăн Мускав театрĕсенчи артистсем Островский çырнă пьесăсен уйрăм сценисене выляса кăтартнă. (ТАСС).

## Çĕнĕ тинĕссенче пулă ĕрчетеççĕ

Çĕнĕ тинĕссемпе кÿлĕсем туни пулă ĕрчетме пысăк майсем уçса парать. Совет ученăйĕсем этем вăйĕпе туса хунă çĕнĕ тинĕссене паха йышши пулăсем ярса ĕрчетес ыйтăва татса парас енĕпе ĕçлеççĕ.

Ку тĕлĕшпе Цимлянски тинĕс тăрăхĕнче пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Юлашки 2 çул хушшинче Донри пулă заповедникĕнчен кунта 200.000 шăла пулă, сазан, çупах илсе килсе янă. Кунсăр пуçне Челябинск облаçĕнчен кÿрсе килнĕ репис пулă вăлчине 5 миллион пĕрчĕ янă.

Çĕнĕ çĕре куçса килнĕ пулăсене ĕрчеме кунта условисем уйрăмах лайăх. Шыв айĕнче пулнă улăхсемпе çарансем пулăсемшĕн тăранса пурăнма лайăх вырăн пулса тăраççĕ. Çăрттан, уланкă йышши пулăсем сахал пулни лайăх пулăсене хăвăрт ĕрчеме май парать. Çĕнĕ условисенче уйрăмах сазан пулă лайăх ĕрчеме тытăннă.

Кăçал Цимлянски тинĕсне тата нумайрах пулă яма палăртнă. 38 пин шăла пулăпа сазан пулă янисĕр пуçне, Амур шывĕнчен илсе килнĕ тĕрлĕ пулăсем, стерлядьпе белуга пулăсен хутăш вăлчисене миллион штук яма палăртнă.

Апрель—май уйăхĕсенче Цимлянски тинĕсĕнче малтанлăха тĕрĕслесе пăхас тĕлĕшпе пулăсене тытма пуçлаççĕ.

Сазан, çупах тата шăла пулăсене Атăлпа Дон хушшинчи канал тăрăхĕнчи Варваровски, Берислав, Карповски водохранилищесене те нумай янă. Анат Донра пулăсене вăлчă пăрахтармалли вырăнсем тăваççĕ. Çак вырăнсенче пухса илнĕ вăлчана çак шывсене яраççĕ. (ТАСС).

## Досааф организацийĕсен Пĕтĕм Союзри спартакиади

Çамрăксене массăллă спорт ĕçне анлăрах хутшăнтармалла тăвас тĕллевпе ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕ тата СССР Досааф оргкомитечĕ 1953 çулхи майăн 15-мĕшĕнчен пуçласа ноябрĕн 5-мĕшне çитиччен Досааф пуçламăш организацийĕсен Пĕтĕм Союзри спартакиадине ирттерме йышăннă.

Ăмăртăва çĕршыври предприятисенчи, учрежденисенчи, колхозсенчи, совхозсенчи, машина-трактор станцисенчи, шкулсенчи пиншер пуçламăш организацисем хутшăнаççĕ. Вĕсем пĕчĕк калибрлă винтовкăран 50 метра перес, ирĕклĕ стильпе 100 метр таран ишес, 5 тата 8 километр хушшине хăвăрт утса тухас тĕлĕшпе ăмăртаççĕ.

Ишес тĕлĕшпе ăмăрту ирттерме май çук вырăнсенче мотоциклпа 25 тата 50 километр хушши чупассине, велосипедпа 10 тата 20 километр хушши чупассине организацилеççĕ.

Спартакиада икĕ тапхăра пырать: майăн 15-мĕшĕнчен пуçласа сентябрĕн 30-мĕшне çитиччен—Досааф пуçламăш организацийĕсен командисем ăмăртаççĕ, сентябрĕн 30-мĕшĕнчен пуçласа ноябрĕн 5-мĕшне çитиччен—районсемпе хуласенчи ăмăртусем пулаççĕ.

Пĕтĕм Союзри спартакиадăра мала тухакан Досааф пуçламăш, район тата хула организацийĕсене преми пама ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕпе СССР Досааф оргкомитечĕн призĕсене çирĕплетнĕ.

(ТАСС).

## ÇĔНĔ ПОСЕЛОКСЕМ

ИМАН (Приморье крайĕ), апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Хула хĕрринче хăма çуракан заводри рабочисен поселокĕ ÿссе ларнă. Поселок лайăхлансах пырать. 1951 çулта 14 çурт лартнă. Иртнĕ çулла столовăй, ача сачĕ ĕçлеме пуçланă тата пурăнмалли 4 çĕнĕ çурт лартнă.

Халĕ çак поселокпа юнашар тата тепĕр поселок ÿссе пырать. Çулталăк пуçланнăранпа кунта икшер хваттерлĕ 16 çурт лартнă. Халĕ тата 2 çурт туса пĕтереççĕ.

## РАФАЭЛЬ ХУДОЖНИК ÇУРАЛНАРАНПА 470 ÇУЛ ÇИТНĔ ЯТПА

ЛЕНИНГРАД, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Паян СССР Художество академийĕн научнăй библиотекин залĕсенче Итали халăхĕн аслă художникĕ çуралнăранпа 470 çул тултарнă ятпа выставка уçăлнă. Выставкăна Рафаэль ÿкернĕ «Сикстинская мадонна», «Триумф Галатеи» тата ытти картинăсен ÿкерчĕкĕсене тăратнă. Ятарласа тунă стэндра Рафаэль пурнăçĕпе творчествине кăтартса панă.

СССР Художество академийĕн выставка залĕсенчен пĕрне Рафаэль ятне панă. Зал стенисене Рафаэль ÿкернĕ «Афинская школа», «Парнас», «Чудесное освобождение аппостола Павла из темницы» фрескăсен ÿкерчĕкĕсем илемлетсе тăраççĕ. Çак ÿкерчĕксене иртнĕ ĕмĕрĕн малтанхи çур пайĕнче вырăссен чаплă художникĕсем К. Брюллов, Ф. Бруни, П. Васин тата ыттисем тунă.



Колхоз председателĕсен республикăри канашлăвĕнче. ÛКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: канашлура пулнă колхоз председателĕсен ушкăнĕ. Пĕрремĕш ретре (сулахайран сылтăмалла): А. В. Ефремов—Вăрнар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхоз, Е. И. Сорокин—Шупашкар районĕнчи «Красное знамя» колхоз, Л. Я. Громов—Сĕнтĕр районĕнчи «Заря» колхоз, Н. Н. Ульянов—Элĕк районĕнчи «Динамо» колхоз, В. И. Майоров—Шăмăршă районĕнчи «Гвардеец» колхоз; иккĕмĕш ретре: Б. З. Захаров—Вăрмар районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз, И. Н. Николаев—Вăрмар районĕнчи «30 лет Чувашии» колхоз, С. А. Шлябин—Элĕк районĕнчи «Правда» колхоз, М. Ф. Федоров—Вăрнар районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз, А. С. Семенов—Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз.

А. КОСТИН фотоÿкерчĕкĕ.

# Май уявĕ умĕнхи ăмăрту

## Çĕнĕ çитĕнÿсемшĕн

УЛАТĂР. «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозри рабочисемпе служащисем апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакĕсене çĕнĕрен йÿнетнине пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç. Партипе правительство сталинла тăрăшни çине рабочисем стахановла ĕçпе ответлеççĕ.

Çак кунсенче вăрманпромхозра Май уявĕ ячĕпе социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Иванковăри вăрман пунктĕнчи рабочисен пухăвĕнче паллă стахановец Н. Ибрагимов юлташ пысăк обязательство илчĕ: кăçал КТ-12 тракторпа 14 пин кубометр йывăç çул хĕррине илсе тухма сăмах пачĕ, С. Толстобров трактористa ăмăртăва чĕнчĕ. С. Толстобров юлташ унăн чĕнĕвне йышăнчĕ.

Пухура механизаторсем ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшакан, вăрманпромхоз юлса пынине пĕтерме май паракан паха сĕнÿсем нумай пачĕç. В. Ширманов электромеханик электростанцие татти-сыпписĕр ĕçлеттерме, кăçал заданирен ирттерсе 1.400 кубометр йывăç касса хатĕрлеме сăмах пачĕ. Электропăчкăсемпе йывăç касса хатĕрлекен бригада бригадирĕ Я. Логинов юлташ çулталăкри нормăна 120 процент тултарма, 10.800 кубометр йывăç касса хатĕрлеме пулчĕ.

Вăрман пункчĕн коллективĕ çулталăкри плана декабрĕн 21-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран ирттерсе 2 пин кубометр йывăç касса хатĕрлеме, 1.500 кубометр çул хĕррине илсе тухма, çак уйăхра планран ирттерсе 250 кубометр чурка хатĕрлеме социализмла обязательство йышăнчĕ.

Эйпеç вăрман пунктĕнче те уяв умĕнхи ăмăрту сарăлса пырать. Коммунист Айзятов юлташ электропăчкăсемпе йывăç касса хатĕрлекен бригадăн бригадирĕ пулса ĕçлет. Вăл йывăç касса хатĕрлемелли çулталăкри задание декабрĕн 21-мĕшĕ тĕлне тултарма, заданирен ирттерсе 1.000 кубометр йывăç касса хатĕрлеме сăмах пачĕ.

Соловьевски автосул çинче ĕçлекен шоферсем йывăç турттарса кăлармалли çулталăкри задание Сталинла Конституци кунĕ тĕлне тултарма, заданирен ирттерсе 3 пин кубометр йывăç, 4 пин шпал турттарса кăларма обязательство илчĕç.

Вăрманпромхоз коллективĕ Май уявне ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн кĕрешет.

## Çĕвĕ çĕлекенсен сăмахĕ

Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан çĕвĕ фабрики март уйăхĕнче производство планне 111,8 процент тултарчĕ. Май уявĕ ячĕпе социализмлă ăмăртăва хутшăнса, фабрика коллективĕ çак уйăхра тата тухăçлăрах ĕçлеме, планран ирттерсе 243 пин тенкĕлĕх тумтир, кĕпе çĕлесе кăларма, пĕрремĕш сорт продукци 94 процент вырăнне 98 процент туса кăларма, ĕç тухăçлăхне, пĕрремĕш кварталтипе танлаштарсан, 15 процент ÿстерме социализмлă обязательство илчĕ.

Цехсенче, бригадăсенче панă сăмаха чыслăн пурнăçлассишĕн ăмăрту вăйланса пырать. Юлашки вăхăтра фабрика ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшакан, ĕçе çăмăллатакан машинăсем чылай тунчĕ.

Нумаях пулмасть фабрикăри рабочисем тата инженерсемпе техниксем Мускав хулипе облаçĕнчи фабрикăсенче пулчĕç, вĕсен паха опычĕпе паллашрĕç. Çавăн хыççăн фабрикăра ĕç тухăçлăхĕ чылай ÿсрĕ.

Д. ИВАНОВ.

## Паха сĕнÿ

Çĕмĕрлери райпромкомбинатра социализмла ăмăрту куллен сарăлса пырать. Май уявĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, Ф. Гаврюшин, В. Салыгин, Н. Шумаров тата С. Павлова юлташсем ĕç нормине куллен 200 процент тултарса пыраççĕ. Л. Манякинăпа Н. Савельева юлташсем тата ыттисем те тухăçлăн ĕçлеççĕ.

Райпромкомбинат коллективĕн творчествăллă пултарулăхĕ ÿссе пынине кăтартакан тĕслĕхсем сахал мар. Кунта каткапичке тăвас ĕçе механизацилемен пулнă. Гаврюшин бондарьпе Пивоваров техноруk çак ĕçе механизацилеме, каткапичке хăмисене фрезернăй станокпа саваласа якатма сĕнÿ панă. Вĕсен сĕнĕвне пурнăçа кĕртнĕ хыççăн цех, рабочисен хисепĕ улшăнман пулин те, продукци туса кăларассине 3,3 хут ÿстернĕ.

Рационализаторла сĕнĕве пурнăçа кĕртни продукци пахалăхне лайăхлатнă. Çулталăкра 99 пин тенкĕ перекетлеме юлать.

П. АНИСИМОВ.

## КПСС Центральнăй Комитетĕнче

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă тăрăх, С. Д. Игнатьев юлташа КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

## КОЛХОЗ ПРЕДСЕДАТЕЛĔСЕН РЕСПУБЛИКĂРИ КАНАШЛĂВĔ

# 1952 çул итогĕсем тата тырпул тухăçлăхне хăпартас, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, унăн тухăçлăхне ӳстерес задачăсем çинчен

*Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ И. А. Афанасьев юлташ тунă докладран*

Юлташсем! И. В. Сталина юлашки сума [illegible] Совет Союзĕн Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви совет халăхне хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе хăйĕн пĕтĕм вăйĕпе творчествăлла пултарулăхне пама чĕнчĕç.

Ленин—Сталин ĕçĕшĕн, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕçĕшĕн кĕрешме пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтерсе, колхозниксем, механизаторсем, ялхуçалăх специалисчĕсем çĕрĕç культурине ӳстерессишĕн, производствăна малта пыракан агротехника кĕртсе пырассишĕн, машинăпа трактор паркĕпе лайăхрах усă курса ĕçлессишĕн, мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерессишĕн, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçне малалла ӳстерсе пырассишĕн, çĕрĕçпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм тухăçлăхне тата таварлă тухăçлăхне ӳстерессишĕн кĕрешме пулса тата та пысăкрах обязательствăсем йышăнаççĕ.

Иртнĕ çулта Сталин юлташ патне янă çырура йышăннă социализмлă обязательствăсене пурнăçласа, Мордва тата Мари республикисемпе пыракан социализмлă ăмăртура мала тухассишĕн кĕрешсе, социализмлă ялхуçалăхĕн ӳсе пыракан техникипе усă курса, Чăваш республикинчи колхозлă ял ĕçченĕсем, МТС работникĕсем 1952 çулта çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата колхозсен обществăлла хуçалăхĕн ытти отраслĕсене аталантарас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем турĕç.

1952 çулта ялхуçалăх культурисем акмалли государство планне иртерсе тултарнă, çурхи тата кĕрхи тулă акмалли çĕр лаптăкне чылай ӳстернĕ. Нумай çул ӳсекен курăксем, 1951 çулхипе танлаштарсан, 20 пин гектар ытларах акнă, тымарçимĕç тата силос культурисем акмалли çĕр лаптăкне ӳстернĕ.

1952 çулта республикăри нумай колхозсем пысăк тухăçлă тырпул, техникăллă культурăсем, çĕрулми тата пахча çимĕç туса илчĕç. Улатăр районĕнчи «Победа» ялхуçалăх артелĕнчи колхозниксем, малта пыракан агротехникăпа тулли усă курса, пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çинчен гектар пуçне 20,4-шер центнер тĕштырă туса илчĕç. Çĕрулми гектар пуçне 253,8-шер центнер туса илнĕ.

Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра гектар пуçне вăтам шутпа 20,5-шер центнер тĕштырă туса илнĕ. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз кашни гектар пуçне 20,5-шер центнер тĕштырăпа пăрça йышши культурăсем туса илнĕ. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз чылай пысăк лаптăк çĕр çинчен 41—43-шер центнер çурхи тулă туса илнĕ.

Республикăри нумай колхозсем техникăллă культурăсен тухăçлăхне чылай ӳстерчĕç. Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз 1952 çулта вăтам шутпа гектар пуçне 8-шар центнер йĕтĕн вăрри тата 6-шар центнер йĕтĕн сӳсĕ, Çĕрпӳ районĕнчи «Çĕнĕ пурнăç» колхоз вăтам шутпа гектар пуçне 12,5-шер центнер кантăр вăрри, 8,5-шер центнер кантăр сӳсĕ туса илнĕ. Йĕпреç районĕнчи «Путиловка» колхоз 24 гектар çинчен вăтам шутпа 23-шер центнер махорка туса илнĕ.

Республикăри МТС-сем 1952 çулта тракторпа тумалли ĕçсен планне пĕтĕмпех пе илсе тултарчĕç. Сĕртме сухи 93 процент, кĕрхи сĕртме сухине 98 процент МТС машинисемпе тунă, машинисемпе кĕрхи культурăсем 77 процент пухса кĕртнĕ, çурхи культурăсене 58 процент акнă. Нумай МТС-сенче тракторпа тумалли ĕçсене, 1951 çулхипе танлаштарсан, лайăх срокссенче тата пысăк пахалăхпа туса иртернĕ.

Республикăри нумай колхозсем Сталин юлташ патне янă çырура обществăллă продуктивлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе йышăннă обязательствăсене чыслăн пурнăçларĕç.

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра 1952 çулта кашни сăвакан ĕнерен 2.233-шер литр сĕт суса илнĕ, кашни сурăхран 4,65-шер килограмм çăм касса илнĕ, кашни 100 сурăх пуçне 142-шер путек илсе ӳстернĕ.

Республика 1952 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă памалли плана срокчен тултарчĕ. Республикăри колхозсем çавăн пекех государствăна çĕрулми, утă, нумай çул ӳсекен курăк вăрри, аш-какай тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем памалли плансене тултарчĕç.

Колхозсен укçан илекен тупăшĕ те ӳсрĕ. Ялхуçалăх артелĕсен обществăлла хуçалăхĕ тĕреклензе пырать.

Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз 1952 çулта укçан 1.078.942 тенкĕ тупăш илнĕ, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз—1.285.930 тенкĕ, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз — 1.377.736 тенкĕ.

Иртнĕ çулта колхозсен пайланман фончĕсемпе укçан илекен тупăшĕ чылай ӳсрĕ.

Анчах та ялхуçалăхĕ енĕпе тăракан тĕп задачăна пурнăçласси республикăра çаплах çителĕксĕр пырать-ха. 1952 çулта республикăри колхозсем ялхуçалăх культурисен тухăçне ӳстермелли государство планне тултарайман.

Уйрăмах Сĕнтĕрвăрри, Октябрьски, Тăвай тата ытти хăшпĕр районсенчи колхозсен тырпул тухăçлăхĕ пĕчĕк пулчĕ.

Партипе правительство техникăллă культурăсем акмалли çĕр лаптăкне ӳстерме хушаççĕ пулсан та 1952 çулта çак культурăсене акмалли плана чылай районсем тата республика тултарайман. Çĕрулми, пахча çимĕç культурисем акмалли плана та тултарман. Çавăн пекех садсем, çырла пахчисем тумалли, хăмла лартмалли, йывăçсем лартмалли плана та тултарман.

Иртнĕ çулта пирĕн республикăри колхозсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне пĕр йышши выльăх-чĕрлĕх енĕпе те тултарман.

Докладчик колхозсене Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствипе вырăнти ялхуçалăх органĕсем енчен ертсе пырас ĕçри пысăк çитменлĕхсене, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснине, малта пыракан опыта пропагандăлас тата пурнăçа кĕртес ĕç çителĕксĕр сарăлса пынине, колхозсен обществăлла хуçалăхне хăвăрт тата нумай енлĕн аталантарас тĕлĕшпе шалти резервсемпе начар усă курнине, колхозсенчи пысăк ĕç ресурсĕсемпе çителĕксĕр усă курнине палăртать.

## Ялхуçалăхне малалла вăйлатса пырасси çинчен

Партин XIX-мĕш съезчĕ социализмла ялхуçалăхне малалла вăйлатса пымалли аслă программа çирĕплетрĕ. Пĕтĕм ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстересси, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ӳстересси ялхуçалăх енĕпе малашне те тĕп задача пулса юлать.

Çĕрĕçĕ тата тухăçлăрах, квалификациллĕрех пулмалла, унта курăк акса тăвасси вăйлă аталанмалла тата тĕрĕс пусă çаврăнăшĕ пулмалла, техникăллă культурăсем, выльăх апачĕ, пахча çимĕç тата çĕрулми туса илмелли çĕр лаптăкĕ чылай ӳсмелле.

Партин XIX-мĕш съезчĕ Совет Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем тăрăх пирĕн республикăри ялхуçалăхĕ умĕнче 1953 çулта пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Кĕрхи тулă акмалли çĕр лаптăкне 80 процента яхăн, кантăр акмалли çĕр лаптăкне 74 процент, йĕтĕн-долгунец акмалли çĕр лаптăкне 28 процент, выльăх апатне кашкан культурăсем акмалли çĕр лаптăкне 36,6 процент, пахча çимĕç культурисем акмалли çĕр лаптăкне 5,2 процент ӳстермелле.

1953 çулта уйрăмах тырпул тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе пысăк задачисем панă. Пĕрчĕллĕ тырăсен тухăçлăхне, 1952 çулта туса илнипе танлаштарсан, 26 процент ӳстермелле. Çавăн пекех йĕтĕн, кантăр, махорка, çĕрулми, тымарçимĕç, апнă курăксен тата ытти ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне чылай ӳстермелле.

Колхозсенче мăйракаллă шултра выльăх йышне 16,5 процент, сурăхсен йышне 18,8 процент, сыснасен йышне 16,6 процент, кайăк-кĕшĕк йышне 58,3 процент ӳстермелле.

Республикăри колхозсен кăçал кашни сăвакан ĕне пуçне вăтам шутпа 1.200-шер килограмм сĕт, вăтĕ çăмлă кашни сурăхран 4,3-шер килограмм çăм, сурса шултрра çăмлă кашни сурăхран 3,9-шер килограмм çăм, шултра çăмлă кашни сурăхран 2,1-шер килограмм çăм касса илмелле.

Çак задачăсене ăнăçлăн пурнăçлама мĕн кирли Чăваш республикинчи колхозсемпе совхозсен тата МТС-сен пурте пур. Чкаловски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсем 1953 çулхи ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлăн туса иртерессишĕн социализмла ăмăрту пуçарса, пысăк обязательствăсем йышăнчĕç. Чкаловски районĕнчи колхоз ĕçченĕсем Чăваш республикинчи мĕнпур колхозниксене, механизаторсене, ялхуçалăх специалисчĕсене 1953 çулта ялхуçалăхне аталантармалли плана ăнăçлă тултарассишĕн, партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлăн татса парассишĕн кĕрешме социализмла ăмăртăва хутшăнма чĕнсе каларĕç. Çак чĕнĕве республикăри мĕнпур районсемпе колхозсем хапăл туса йышăнчĕç.

Çакăн пек задача тăрать: мĕнпур колхозсенче, бригадăсенче, звеносенче, выльăх-чĕрлĕх фермисенче, колхоз производствин мĕнпур участокĕсенче социализмла ăмăртăва анлăн сарса ямалла, малта пыракансен хайăх ĕç меслечĕсемпе пусарулăхне пур майсемпе те вăйлатса пымалла, малта пыракан опыта кая юлнисене малтисен шайне çитерес тĕлĕшпе пур майсемпе те сарса пымалла.

Иртнĕ çул Чăваш республикинчи ялхуçалăх работникĕсем Мордва тата Мари республикисенчи социализмла уй-хир ĕçченĕсемпе ăмăртса ĕçлерĕç.

Иртнĕ çул тăванла республикăсемпе ăмăртса ĕçленин итогĕсене туса, 1953 çулта Мордва тата Мари республикисенчи ялхуçалăх работникĕсемпе ăмăртса ĕçлеме договор тумалла.

Чăваш республикинчи ялхуçалăх ĕçченĕсем Мордва тата Мари республикисенчи ялхуçалăх работникĕсемпе ялхуçалăхне 1953 çулта аталантармалли плана ăнăçлă пурнăçлассишĕн, партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлăн татса парассишĕн социализмла ăмăртăва хатĕр тăрасççĕ тесе каланипе эпĕ пирĕн канашлăва хутшăннă мĕнпур юлташсен шухăшне палăртатăп пулĕ, тесе шутлатăп.

## 1953 çулхи çуракине хатĕрленесси тата ăна иртересси çинчен

Вăйлă тырпулшăн кĕрешес ĕçре халĕ чи кирли çакă пулать: çывăх кунсенчех çуракине хатĕрленсе çитмелле, çуркунне-хи ялхуçалăх ĕçĕсене пурне те чи кĕске срокра тата организованно иртермелле. Çуракине кĕске срокра иртерме колхозсен, МТС-семпе совхозсен техникăпа, лашасен вăйĕпе туллин, тĕрĕс усă курмалла, ялхуçалăхĕнчи резервсене май килнĕ таран ытларах мобилизацилемелле.

Çуракине ăнăçлă иртересси МТС-сем мĕнле ĕçленинчен нумай килет. 1953 çулта пирĕн республикăри машина-трактор станцийĕсен, иртнĕ çулта пурнăçланипе танлаштарсан, тракторсемпе 38 процент ытларах ĕç тумалла пулать.

Тракторпа тумалли ĕçсен планне ăнăçлă тултарас, ĕç пахалăхне ӳстерес тесен, ялхуçалăх органĕсен, МТС руководителĕсен машинăсемпе тата тракторсемпе усă курассине лайăхлатас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса иртермелле. Мĕнпур трактор бригадисенче икĕ сменăпа ĕçлессине йĕркелемелле, кашни тракторист сменăри тата кулленхи нормăсене тултарса пымалла тумалла, пур çĕрте те сехет графикĕпе ĕçлессине йĕркелемелле, мĕнпур МТС-сенче тата трактор бригадисенче малта пыракан механизаторсен меслечĕсемпе анлăрах усă курмалла. Ялхуçалăхĕнчи механизаторсен ĕç тухăçлăхне пĕрмай ӳстерсе пырса, горючи, сĕрмелли çусем тата запаслă пайсем перекетлесе, чи малтанах дизеллĕ тата газогенераторлă тракторсемпе туллинрех усă курса, тракторпа тăвакан ĕçсен хăйне ларакан хакне малашне чылай йӳнетмелле.

Ялхуçалăх органĕсен умĕнче МТС-сене ертсе пырас тĕлĕшпе тăракан чи кирлĕ задача вăл халĕ машина-трактор станцийĕсенчи мĕнпур техникăна 1953 çулхи уй-хир ĕçĕсем валли хăвăртрах хатĕрлесе çитересси пулать.

Афанасьев юлташ машинăсемпе тракторсене уй-хир ĕçĕсене тума хатĕрлес, МТС-сем валли механизаторсен кадрĕсем тупса парас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пурри палăртать. Вăл трактористсемпе ытти механизаторсене хатĕрлессишĕн, колхозсемпе машина-трактор станцийĕсем хушшинче тунă договорсене пурнăçлассишĕн колхоз руководителĕсен ответлăхне ӳстермелли çинчен калать.

Афанасьев юлташ хăйĕн докладĕнче колхозсенче çуртри вăрлăхсем çителĕклĕ хатĕрлесси çинчен, вăрлăхсене акас умĕн лайăхлатасси çинчен, колхозсенче выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвасси çинчен, колхозсенче туртăм вăйĕпе транспорт хатĕрĕсене уй-хир ĕçĕсене тума хатĕрлесси çинчен нумай чарăнса тăрать.

Çĕрĕç культурине ӳстернине кăна пирĕн республикăри мĕнпур колхозсем 1953 çулта мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне чылай хăпартма пултараççĕ.

Колхоз руководителĕсен пĕрремĕш вырăнта тăракан задачи вăл халĕ, хуçалăхра çĕрйĕркелӳ иртернĕ хыççăн, тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсене хăвăртрах йĕркелесси пулать. Йышăннă пусă çаврăнăшĕсем тăрăх нумай çул ӳсекен курăксем акса хăварма республикăра кăçал вăрлăх çителĕклĕ.

Пусă çаврăнăшĕсене хăвăртрах йĕркелеме кашни колхозра курăк вăрлăхĕ туса илмелли участоксем пулмалла, пур районсенче те нумай çул ӳсекен курăксенчен пахарах культурăна — люцернăна ытларах акмалла, вăрлăхлăх хăварнă нумай çул ӳсекен курăксене лайăх, пăхса ӳстермелле, çапла вара кашни колхозăн хăйне кирлĕ чухлĕ вăрлăх хатĕрлемелле.

Çураки иртернĕ чухне мĕнпур ĕçсене чи кĕске срокра тăвасси çине пите тимлĕ пăхмалла. Кĕрхи сĕртме туса хăварнă пĕтĕм лаптăка иртерех сӳрелемелле тата акас умĕн культивацилемелле.

Тăпрана тарăн сухалани мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстермелли пысăк резерв пулса тăрать. Чăваш ялхуçалăх институчĕ туса иртернĕ сăнавсем, çавăн пекех Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозăн практики çакна кăтартса панă: кирек мĕнле тăпра пулсан та, яланхинчен 8—10 сантиметр тарăнрах сухаласан, пирĕн çĕрсем çинче тырпул тухăçлăхĕ 50 процент ытла ӳсет. Республикăри нумай колхозсемпе чылай МТС-сем ăшăх сухалаççĕ-ха. Малашне çав çитменлĕхе пĕтермелле, тарăн сухалама тытăнмалла.

Мĕнпур колхозсенче 1953 çулта сĕртме тата кĕрхи сĕртме тунă вăхăтра тăпран сухаламалли çийне 5—7 сантиметр чухлĕ тарăнлатмалла.

Кĕрхи тырăсен калчисене сӳрелени тата апат пани тырпул тухăçлăхне чылай ӳстерет. 1953 çулхи çуркунне çак икĕ, кашни колхоз тума пултаракан агротехникăллă ĕçе кĕрхи тырă акнă мĕнпур лаптăк çинче туса иртермелле. Çак ĕçсене пурнăçлама халех кашни колхозра, МТС-ра лайăх хатĕрленмелле.

Пур колхоз председателĕсене те кĕрхи тырăсем сайраланса юлнă вырăна урăх культурăсем хушса акма кирли çинчен асăрхаттармалла. 1952 çулта Сталин ячĕпе тăракан колхозра, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра кĕрхи тырăсен калчисем сайраланса юлнă вырăна çурхи тулă хушса акни питех те ăнăçлă пулнă. Вăхăта çеç иртерсе яма юрамасть; кĕрхи тырă калчине сӳреличчен е сӳреленĕ вăхăтра акмалла.

Унтан докладчик уй-хире удобренисем кăларасси питĕ кирлĕ ĕç пулни çинчен, вырăнти тата минераллă удобренисемпе анлăрах усă курма кирли çинчен, тăпрана извĕстлесси çинчен, тырă акас ĕçре малта пыракансен меслечĕсемпе усă курасси тата калчасене пăхса ӳстересси çинчен тĕплĕн чарăнса тăрать.

Колхоз производствинче ĕçе плансăр питех те пысăк вырăн йышăнать. Анчах та пирĕн республикăри нумай колхозсенче производство планĕсем, бригадăсемпе выльăх-чĕрлĕх фермисем валли производство заданийĕсем, 1953 çулхи тупăшсемпе расходсен сметисем туса хатĕрлесси тӳсме çук вăраха кайнă.

Колхоз председателĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен пулăшăвĕ çине таянса, колхозсенче производство планĕсем, тупăшсемпе расходсен сметисем, бригадăсен, звеносен тата выльăх-чĕрлĕх фермисен çулталăкри производство заданийĕсене хăвăртрах туса хатĕрлеме мерăсем йышăнмалла. Çавăн пекех колхозсенчи уй-хир бригадисем валли çураки вăхăтĕнчи ĕç планĕсене вăхăтра, çурхи ĕçсем пуçланичченех туса çитермелле.

Колхозсенче плансене вăхăтра тата тĕрĕс туса хатĕрлени ĕçе лайăхрах организацилеме пулăшать. План тăвассине чи кирлĕ ĕç вырăнне хурас пулать. План тăвас ĕçе колхозсенчи мĕнпур актива тата колхозниксен анлă массисене хутшăнтармалла.

Кĕрхи сĕртме туса хăварман лаптăксене çуркунне вăхăтра сухалама выльăх апачĕ валли викăпа сĕлĕ, пăрçапа сĕлĕ хутăштарса тата ир пулса çитекен пăрça акмалла, ир ĕлкĕрекен тата яровизациленĕ çĕрулми лартмалла. Симĕслĕ [illegible] пулать. Кĕрхи ыраша сĕртме пуссине май килнĕ таран ытларах акмалла, çапла туни çуркунне ирех симĕс [illegible] илме май парать.

Сыснасене çуллахи вăхăтра симĕс апатпа тата хĕлле лайăх утăпа тулăх тăрантарни пысăк вырăн йышăнать. Çавăн пек тăвас тесен, кашни колхозрах сысна ферми сывăхĕнче сысна ами пуçне 0,2 гектартан кая мар люцерна акмалла.

Сĕт выльăхне çуллахи вăхăтра пăхса усрамалли условисене лайăхлатас тĕлĕшпе Ялхуçалăх министерствин, райисполкомĕсен колхозсенче, чи малтанах сăвакан ĕнесем валли, симĕс конвейер организацилес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене палăртмалла.

Июнĕн 15-мĕшне çитиччен çарансене тата выльăх сӳретмелли вырăнсене лайăхлатмалли плана пурнăçлас пулать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсенче мăйракаллă шултра выльăхăн сĕт тухăçлăхне ӳстерме выльăхсене çуллахи вăхăтра районсен уйрăмлăхĕсене пăхса, кĕтӳре сӳретмесĕр пăхса усрамалли системăна пурнăçа кĕртсе пыма сĕннĕ. Ĕнесене кĕтӳре сӳретмесĕр пăхса усрамалли плана пурнăçлама тытăнма пирĕн организацилĕ пысăк ĕçсем туса иртерес пулать. Çуллахи вăхăтра симĕс конвейер организацилес тата выльăхсене кĕтӳре сӳретнĕ вăхăтра сăвакан ĕнесене кĕтӳре сӳретмесĕр пăхса усрама тытăнас тĕлĕшпе халех кашни колхозра кирлĕ ĕçсене палăртмалла.

Докладчик малалла выльăх-чĕрлĕх пăхнă çĕрте ĕç вăйĕ нумай илекен ĕçсене механизацилес задачăсем çинчен, ферма работникĕсен ĕçне тĕрĕс организацилесси çинчен, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен кадрсене хатĕрлесси çинчен, выльăх-чĕрлĕх витисем тăвасси çинчен тата кайăк-кĕшĕк ĕрчетес ĕçе аталантарасси çинчен тĕплĕн чарăнса тăрать.

## Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатасси çинчен

Колхоз фермисенче халĕ чи ответлă ĕç тапхăрĕ çитрĕ. Выльăх-чĕрлĕхе хĕл касармалли юлашки уйăх юлчĕ. Çамрăк выльăх-чĕрлĕх нумайланчĕ, вĕсене питех те тăрăшса пăхма тивет.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне ӳстерсе пырасси, тĕпрен илсен, çамрăк выльăхсене тĕрĕс-тĕкел пăхса çитĕнтернинчен килет. Фермăсенчи чи кирлĕ ĕçсенчен пĕри вăл ытларах çамрăк выльăх-чĕрлĕх илесси тата вĕсене пĕтĕмĕшпех сывă пăхса ӳстересси пулать. Колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен работниксем çак задачăна ăнăçлă пурнăçлани 1953 çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарма май парать.

Анчах та чылай районсенче çамрăк выльăх-чĕрлĕхе сыхласа хăварассишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ.

Нумай колхозсенче çамрăк выльăх-чĕрлĕхе пăхса ӳстерме кирлĕ условисем тумаң. Çавна пула Улатăр, Советски, Кувакино, Элĕк, Октябрьски тата Муркаш районĕсенче çамрăк выльăх-чĕрлĕх чылай пĕтнĕ.

Япăх тăрантарса усранă тата начар пăхнă пирки республикăри колхозсенче нумай ама выльăхсем хĕсĕр юлаççĕ. Çавна пула колхозсем, выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ, çавăн пекех çамрăк выльăхсем сахал илеççĕ. Иртнĕ çулта Элĕк районĕнчи колхозсенче ĕнесем уйрăмах нумай хĕсĕр юлнă, унта кашни 100 ĕнерен тата пушмак пăруран 58 пăру кăна илнĕ. Порецкăйĕнчи районĕнче 100 ĕнерен 63 пăру, Хĕрлĕ Чутай районĕнче — 66 пăру çеç илнĕ. Кувакино районĕнче кашни 100 сурăхран пурĕ те 54 путек кăна илнĕ, Улатăр районĕнче—55, Куславкка районĕнче—60 путек çеç илнĕ. Сĕнтĕрвăрри районĕнче вăтам шутпа кашни сысна аминчен 4,7 çура, Çĕрпӳ районĕнче—4,8 çура илнĕ. Çĕрпӳри ăратлă сыснасем ĕрчетекен рассадник колхозсене сыснасем ĕрчетес тĕлĕшпе сахал пулăшать.

Ама выльăхсенчен нумайăшĕ хĕсĕр юлни колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тимсĕр туса пынинчен килет. Ама выльăхсем хĕсĕр юлнин тĕп сăлтавĕ — чупттарас ĕçе япăх организацилени, выльăхсем начар ӳт-пӳллĕ пулни.

Республикăра обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри пысăк çитменлĕхсенчен пĕри вăл—выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пĕчĕкки пулни.

Колхозсемпе совхозсенче обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне малалла ӳстерсе пырасси выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес ĕçпе татăк çыхăнса тăрать. Выльăх апачĕн никĕсне тăвас тĕлĕшпе селекци станцийĕн опычĕпе, çавăн пекех Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозăн опычĕпе хăвăртрах тата анлăрах усă курни кирлĕ.

Республикăри Ялхуçалăх министерствин, райисполкомĕсен, МТС директорĕсемпе колхоз председателĕсен 1953 çулта выльăх апачĕ тумалли культурăсем акма палăртнă плана кашни колхозра тултармалла тăрас пулать.

Выльăх апачĕн запасне ӳстерме 1953 çулта сĕртме пуссинче, планран иртерсе,

## Колхозсен обществăлла хуçалăхне тимлĕн аталантармалла

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план ялхуçалăх тĕлĕшпе палăртнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçласси колхозсен обществăлла хуçалăхне аталантарма хушать. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем колхозсен тĕп вăйĕ пулса тăракан обществăлла хуçалăхне çирĕплетме тата аталантарма малашне те куллен тăрăшмалла тата çав никĕс çинче пĕтĕм колхоз производствин таварлăхне ӳстерсе пымалла, колхозниксен пурнăçне тата йăлине малалла лайăхлатмалла».

Çĕршывра апат-çимĕç ытлашшинех пултăр тесе, колхозсен мĕнпур вăйне нумай отраслĕллĕ ялхуçалăх производствине малалла аталантарма хумалла.

Пирĕн республикăри колхозсен пахал майсем, ĕç вăйĕн пысăк резервĕсем пур. Анчах колхозсем нумай енлĕ ялхуçалăх производствине аталантарас ыйтусене япăх татса параççĕ. Сăмахран, техникăллă культурăсем (йĕтĕн, кантăр, махорка, хăмла) акса лартса ӳстерессине илер. Çав культурăсем Чăваш республикинчи колхозсем акса тăракан çĕр лаптăкĕнче пĕчĕк вырăн йышăнаççĕ.

Çав культурăсене акмалли пĕчĕк плана та нумай колхозсем çултан çул тултармаççĕ. Техникăллă культурăсене акса ӳстермелли агротехникăна пурнăça кĕртменнипе вĕсен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ, час-часах пухса илнĕ чĕртавар государствăна памалли плана тултарма та çитмест.

Хăшпĕр колхозсен руководителĕсем техникăллă культурăсем акса тăвас ĕç çине государство хушнă пек пăхмаççĕ. Çакна заданисене пурнăçламаннинчен тата техникăллă культурăсем акса ӳстернĕшĕн колхозниксене тӳлемелли правительство çирĕплетнĕ йĕркене пăснинчен курма пулать. Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра Петров юлташ ертсе пыракан звено тăватă çул хушшинче йĕтĕн тухăçлăхне ӳстермелли тата государствăна йĕтĕн памалли плана тултарнă тата иртерсе тултарнă. Анчах çавăншăн колхоз председателĕ Яковлев юлташ звенона нихăш çулта та преми паман.

Йĕтĕн, кантăр, махорка тата хăмла акса-лартса ӳстерес ĕç çине тимлĕн пăхсан, çав культурăсем колхозсен обществăлла пуянлăхне вăйлатмалли тата колхозниксен тупăшне хăпартмалли никĕс пулнă пулĕччĕç.

Йĕтĕн, кантăр, махорка тата хăмлан тухăçлăхне, пĕтемĕшле тата таварлă продукцине ӳстерсе, республикăри нумай колхозсем çултан çул пысăк тупăш илеççĕ, пайланман фондсене укçа-тенке хывассине, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх укçа валессе парассине ӳстереççĕ. Юлашки икĕ çул (1951—1952 çулсем) хушшинче Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз 30 гектар çинче акса ӳстернĕ кантăра государствăна парса 988 пин тенкĕ укçа илнĕ. Колхоз çулсерен кашни гектар çинчи кантăртан 16-шар пин тенкĕ укçа илет, кунсăр пуçне государство колхоза нумай тулă, сахăр, ӳсентăран çăвĕ, турантă парать.

Республикăри колхозсен нумай енлĕ хуçалăхне аталантарасси çинчен каланă чухне пахча çимĕç туса илесси, сад тата хурт-хăмăр ĕрчетесси çинчен чарăнса тăрас пулать. Республикăра промышленность хăвăрт аталанна, рабочи поселоксемпе хуласенче халăх хăвăрт нумайланнă пирки пахча çимĕç, çĕрулми, улма-çырла тата ытти апат-çимĕç ытларах та ытларах кирлĕ. Атăл çинче Шупашкар гидроэлектростанцине тума тытăнсан, апат-çимĕç тата нумайрах кирлĕ пулать. Хуласемпе рабочи поселокĕсенче нумайланса пыракан халăх валли çĕрулми, пахча çимĕç, улма-çырла тата ытти продуктсем колхозсенче, пуринчен малтан хуласемпе промышленность центрĕсем сывăхĕнчи колхозсенче ӳстерсе çитĕнтермелле. Хуласем сывăхĕнчи колхозсенче пахча çимĕç иртерех ӳстерсе çитĕнтерме парниксем тата теплицăсем ытларах тумалла. Колхозсен пурин те сад тата хурт-хăмăр ĕрчетмелле, хуласем сывăхĕнчи колхозсенче, кунсăр пуçне, тата çырла хуçалăхĕ пулмалла.

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ ӳснĕ май, обществăлла продуктивлă выльăх-чĕрлĕхе, колхозсен нумай пайлă ялхуçалăх производствине аталантарнă май колхозсен укçан илекен тупăшĕ тата капитальнăй ĕçсем тума укçа-тенкĕ хывасси те ӳсĕ. Колхозсен укçа-тенкине пуринчен малтан обществăлла хуçалăха—хуçалăхра кирлĕ çуртсем, выльăх-чĕрлĕх витисем, силос хывмалли башньăсемпе шăтăксем, водоемсем, çĕрте вĕтлĕхсенчен тасатма, садсем, çырла пахчисем ĕрчетме, вăрман тăрăхĕсем лартма, электростанцисем тата ытти сооруженисем туса лартма усă курмалла. Вĕсем колхозсен обществăлла хуçалăхне ăнăçлăн аталантарма, колхозсен тата колхозниксен тупăшне ӳстерме кирлĕ.

* * *

Юлташсем! Республикăри ялхуçалăхне малалла аталантармалли задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, пирĕн хамăр ĕçри йăнăшсемпе çитменлĕхсене тĕпĕ-йĕрĕпех палăртмалла тата пĕтермелле. Республикăри Министрсен Совечĕн, Ялхуçалăх министерствин тата райисполкомсен ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсемпе йăнăшсене хăюллăн тата хытă критиклемелле.

Самокритикăпа аялтан килекен критика мĕн чухлĕ анлăрах сарăлса пырĕç, çав ĕçри çитменлĕхсене те çавăн чухлĕ туллинрех палăртăпăр тата хăвăртрах та татăклăнрах пĕтерсе пырăпăр.

СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ йышăннă постановленисемпе законсенче тата И. В. Сталина пытарнă кун пулнă хурлăхлă митингра Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсенче Совет правительствин политикине тата совет халăхĕ умĕнче тăракан задачăсене яр уççăн кăтартса панă.

Çав решенисем тата партипе Совет правительстви руководителĕсем чĕнсе калани совет колхозниксене, пĕтĕм совет халăхне коммунизм тăвас тĕлĕшпе Тăван çĕршыв умĕнче тăракан пысăкран та пысăк задачăсене пурнăçлама мобилизацилеççĕ.

Чăваш республикинчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, пĕтĕм çĕршыври социализмла ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕçсыннисем пекех, Тăван çĕршыва малалла чечеклентерессине, колхозсен обществăлла хуçалăхне малалла хăпартса чечеклентерессине, колхоз стройне пур енчен те тĕреклетессине хăйсен таса тивĕçĕ тесе шутлаççĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕпе Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ апрелĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен ваккан сутмалли хакĕсене йӳнетме йышăнчĕç. Вăрçă хыççăнхи вăхăтра таварсен хакĕсене улттăмĕш хут йӳнетнĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви совет халăхĕшĕн çав тери тăрăшни çине Чăваш республикинчи ĕçсыннисем промышленноçа, ялхуçалăхне тата культура строительствине малалла аталантарассишĕн икĕ хут вăйлăрах кĕрешнипе тата тухăçлăрах ĕçленипе ответлĕç.

Колхозсенче, совхозсенче, МТС-сенче тата районсенче пулса иртнĕ пухусемпе канашлусенче республикăри колхозниксем, МТС работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçме, сыхăлăха ӳстерме, коммунизм строительствин задачисене пурнăçлассишĕн хăйсен хастарлăхне вăйлатса пыма тупа турĕç тата ялхуçалăхне аталантармалли 1953 çулхи плана ăнăçлă тултарассишĕн, партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва хутшăнчĕç.

Хамăрăн пĕтĕм вăя ялхуçалăхĕнчи тĕп задачăна пурнăçлама парар!

Йышăннă обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса ярар!

Выльăхсене ăнăçлă пăхса хĕл каçарар!

Коммунистсен партийĕн ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçер!

## КОЛХОЗ ПРЕДСЕДАТЕЛĔСЕН РЕСПУБЛИКĂРИ КАНАШЛĂВĔ

# И. А. Афанасьев юлташ докладне сÿтсе явни

Афанасьев юлташ докладĕ тăрăх чи малтан Октябрьски районĕнчи «Путь к коммунизму» колхоз председателĕ Ефимов юлташ сăмах илчĕ. Вăл хăмла ÿстерес ĕçри опытпа паллаштарчĕ. Колхоз 8 гектар çинче хăмла ÿстерет. Иртнĕ çулта колхоз государствăна пĕрремĕш сортлă хăмла парса 112 пин тенкĕ укçа тата 245 центнер тулă илнĕ. Опытлă колхозник Кульмин юлташ ертсе пыракан звено 4 гектар çинчен 54 центнер хăмла пухса илнĕ.

Чăвашсен государство селекци станцийĕн директорĕ Лукьяненко юлташ канашлу участникĕсене колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлеме кирли çинчен каласа пачĕ.

— Выльăх апачĕн çирĕп базине туса хумасăр,—терĕ Лукьяненко юлташ,—общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре, çавăн пекех выльăхсенчен илекен тупăшпа ÿстерес ĕçре те, татăклăн улшăну пулма çук. Колхозсен общественнăй кĕтĕвĕ валли тĕрлĕрен апатсем çителĕклĕ пулччăр тесен; чи малтан уй-хирте нумай çул ÿсекен курăксем акмалли уйлă пусă çаврăнăшĕсем тата выльăх апачĕ акса тумалли ятарласа тунă пусă çаврăнăшĕсем йĕркелемелле. Станцин уй-хирти пусă çаврăнăшĕнче пăрса йышши тата пучахлă нумай çул ÿсекен курăксем яланах 22 процент йышăнса тăрассĕ, выльăх апачĕ акса тумалли пусă çаврăнăшĕнче вĕсем 56 процента çити вырăн йышăнассĕ. Выльăх апатне каякан культурăсене станци хăйĕн пĕтĕм çĕр лаптăкĕн 28 процентĕ çинче акса тăвать.

Выльăх апатне каякан культурăсем акакан çĕр лаптăкне пусă çаврăнăшĕсенче пысăклатса курăксен тухăçлăхне ÿстерсе пынипе пĕрлех, çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсене лайăхлатас ĕç çине ытларах çаврăнса пăхмалла, выльăх кăшманĕсен, силос культурисен тухăçлăхне хăпартмалла.

Пăрачкав районĕнчи Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Хайлов юлташ вăйлă тырпул ÿстерес тата общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре колхоз тунă çитĕнÿсем çинче чарăнса тăчĕ. Иртнĕ çулта çак артель акакан пĕтĕм лаптăкăн кашни гектарĕнчен вăтам шутпа 16-шар центнер тĕштырă, 300 гектар çинчен çурхи тулă 18-шар центнер, кашни гектартан йĕтĕн вăрри 8-шар центнер, тылламан сÿс—22,5-шер центнер пухса кĕртнĕ.

Максим Горький ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли тата унăн тухăçлăхне ÿстермелли государство планĕсене пур тĕрлĕ выльăхсем енĕпе те ирттерсе тултарнă. Сăвакан кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.904-шар килограмм сĕт суса илнĕ. Ĕне сăвакан Каулина юлташ хăй пăхакан кашни ĕнерен 2.307-шер килограмм, Леднева юлташ—1.997-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Сыснасем пăхакан Потапова юлташ кашни ама сыснаран вăтам шутпа 18-шар çура пăхса ÿстернĕ.

— Чкаловски районĕнчи ялхуçалăх работникĕсем чĕнсе калание йышăнса,—тет Хайлов юлташ,—пирĕн колхозниксем çак çулта мĕнпур ялхуçалăх культурисем тăрăх пысăк тухăçлă тырпул туса илессишĕн тата пысăк тухăçлă общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессишĕн социализмла ăмăртăва активлăн хутшăнчĕç. Пирĕн колхозниксем хăйсем умне кăçал çакăн пек задачăсем лартрĕç: кашни гектартан тĕштырă 18-шар центнер, йĕтĕн вăрри 9-шар центнер, сÿс 7-шер центнер, кашни гектартан 160 центнер çĕрулми, 12-шер центнер махорка ÿстерсе пухса кĕртмелле. Колхозăн общественнăй выльăх-чĕрлĕхне пăхакан работниксем: кашни сăвакан ĕнерен 2.000 килограмм сĕт суса илме, çитĕнсе çитнĕ кашни сысна аминчен 16-шар çура пăхса ÿстерме, кашни сурăхран 3,5 килограмм çăм касма социализмла обязательствăсем илчĕç. Хальхи вăхăтра пирĕн колхозниксем çуракине ирттерме тĕплĕн хатĕрленсе çитессишĕн, выльăх-чĕрлĕхе çăва лайăх пăхса кăларассишĕн пĕтĕм вăйран кĕрешеççĕ.

Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Андреев юлташ 1951 çулта 5 колхоза пĕр колхоза пĕрлештернĕ май общественнăй хуçалăха аталантарма пысăк майсем пулса тăни çинчен каларĕ. Икĕ çул хушшинче колхозра ĕне выльăхсен, сыснасен, сурăхсен тата лашасен йышĕ чылай ÿснĕ. Колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме государство панă плана ирттерсе тултарнă. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те чылай ÿснĕ. Çапла, 1952 çулта кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.513 литр сĕт, колхозсене пĕрлештериччен пулнинчен 4 хут нумайрах суса илнĕ. Кашни сысна аминчен вăтам шутпа 17,3 çура, кашни çĕр сурăхран 112 путек илсе ÿстернĕ. Колхоз укçан 667 пин тенкĕ, çав шутран выльăх-чĕрлĕх ĕрчетнинчен 398 пин тенкĕ тата кантăр акса тунинчен 129 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Юлашки вăхăтра колхоз сысна витисем—иккĕ, лаша витисем—тăваттă, сурăх вити—пĕрре, пăру вити—пĕрре, выльăх пăхаканнисем валли виçĕ пÿрт тата ытти çурт-йĕр лартнă.

— Ялхуçалăхĕ умне питех те пысăк тата ответлă задачăсем лартнă,—терĕ Элĕк районĕнчи «Динамо» колхоз председателĕ Ульянов юлташ.—Колхозсен хуçалăхне вăйлатма лайăх майсем пуррине пирĕн колхозран та курма пулать. «Динамо» колхозăн çĕрĕ ытти колхозсенчинчен лайăх теме çук, анчах тăрăшса ĕçленипе çав çĕр çинче гектартан 35—40 центнер тырă туса илме май килет. Иртнĕ çулта колхоз вăтам шутпа кашни гектар пуçне тулă 17,2 центнер, урпа—27,2 центнер, пăрçа—16 центнер туса илчĕ. Кăçал колхозниксем тĕштырăсемпе пăрса йышши культурăсем кашни гектар çинче 16,5 центнертан кая мар, ăраша тулă гектар пуçне 17—18 центнер туса илме сăмах пачĕç.

Шупашкар районĕнчи «Память Ленина» колхоз председателĕ Миславский юлташ колхозсем общественнăй выльăх-чĕрлĕх витисем лартма йывăç хатĕрлес ĕçре пысăк йывăрлăхсемпе тĕл пулни çинчен каласа пачĕ.

Малалла вăл Шупашкарти эрехпе ликер завочĕн работникĕсем законсăр йĕркепе колхоз çаранне тытса илнине пула колхоз тÿснĕ убытока витмелли çинчен Министрсен Совечĕ постановленине йышăнни, çапах та ликер завочĕн работникĕсем халиччен те çав укçана тÿлеменни çинчен каласа пачĕ.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ Захаров юлташ общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тума кирлине палăртрĕ. Вăл кашни колхозрах нумай çул хушши ÿсекен курăксем тата тĕрлĕ курăксем пĕрле акса ÿстерес йĕркене пурнăçламалли, тымарçимĕç нумайрах акса-лартса тумалли çинчен каларĕ. Выльăх витисем лартас тата кивĕ витесене юсас ĕç çине тимлĕ пăхмалла.

КПСС Чкаловски райкомĕн секретарĕ Тимофеев юлташ районта общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле пынине кăтартса пачĕ.

— Пирĕн районти колхозсен çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем питĕ сахал,—тет вăл.—Ялхуçалăх артелĕсен руководителĕсенчен нумайăшĕ общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынине çав сăлтавпа ăнлантарса пама пăхатчĕç. «Гвардеец» колхоз опычĕ çакна йăлтах сирсе ячĕ. Вăл утă çулмалли çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем пулманни общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе чарманнине кăтартса пачĕ. Уй-хирте курăксем акса йĕркеленĕ тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсем, вăл шутра выльăх апачĕсем акса тумалли уйрăм пусă çаврăнăшĕсем, симĕс конвейерсем организацилени «Гвардеец» колхоз, утă çулмалли çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем çук пулсан та, выльăх-чĕрлĕхе çулталăк тăршшĕпех çителĕклĕ çитерсе усрамалăх пур тĕрлĕ апата та хатĕрлерĕ.

Выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлеме колхозра уйрăм бригада тунă. Уй-хирте тĕрĕс пусă çаврăнăшĕсем йĕркелесе çитериччен çак артель сăвакан кашни ĕнерен вăтамран 700—800 литр сĕт суса илнĕ пулсан, 1952 çулта кашни ĕнерен çулталăкра суса илнĕ сĕт хисепĕ вăтамран 1.969 килограмм пулнă.

Малалла Тимофеев юлташ «Гвардеец» колхоз опытне районти ытти колхозсене сарас тĕлĕшпе тунă ĕçсем çинче чарăнса тăчĕ. «Гвардеец» колхозăн паха ĕçне ытти колхозсенче те пурнăçа кĕртсе пынипе иртнĕ çулта районти пур колхозсем те тымарçимĕç тата силос культурисем акмалли плансене ирттерсе пурнăçланă, силос планран ирттерсе хывнă. «Гвардеец» колхоз примерĕпе районти 18 ялхуçалăх артелĕ судан курăкĕ акса тума тытăннă. Выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес тĕлĕшпе тунă малтанхи ĕçсемех паха результатсем пачĕç. 1952 çулта район выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли государство планне пур выльăхсем енĕпе те, кайăк-кĕшĕке шута илмесĕр, ăнăçлă тултарчĕ. Колхозсем ама выльăхсем хĕсĕр юлассине чакарчĕç, çамрăк выльăхсене пăхса усрас ĕçе лайăхлатрĕç.

— Пирĕн районти колхозниксемпе колхозницăсем,—тет Тимофеев юлташ,—кăçал Елчĕк районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсемпе социализмла ăмăртăва тухса, пысăкрах обязательствăсем илчĕç тата социализмла ăмăртăва хутшăнма республикăри пур колхозниксене те чĕнсе каларĕç. Çакă вăл районти партипе совет организацийĕсемпе ялхуçалăх органĕсем çине пысăк ответлăх хурать. Анчах та, йышăнас пулать, илнĕ обязательствăсене пурнăçа кĕртессишĕн районта чăн-чăн кĕрешÿ сарса яман-ха.

Хăшпĕр колхозсенче вăрлăх кирлĕ чухлĕ хатĕрлесе çитерменни, МТС тракторсем юсас ĕçе вĕçлеменни çавăн çинчен калать. Выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Пирĕн задача—хамăр çине илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлама пур резервсемпе те туллин усă курасси пулса тăрать.

Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕ Яковлев юлташ тырпул тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе колхозра мĕнле ĕçсем туса ирттерни çинчен каларĕ. Тырпул тухăçлăхне ÿстерес шутпа колхоз уй-хире тислĕк нумай кăларать, калчасем çине минераллă удобренисем сапать.

Общественнăй выльăх-чĕрлĕх валли кирпĕч витисем тума кирли çинчен каласа, Яковлев юлташ районта кирпĕч тата строительство материалĕсем тăвас ĕç начар тăнине палăртрĕ.

— Промысла артельсенче тунă кирпĕчсем начар пулассĕ. Колхоз пĕлтĕр сакăр пин кирпĕч илчĕ пулсан, вĕсенчен икĕ пин кирпĕч пачах юрăхсăр пулчĕç,—терĕ вăл.

— Иртнĕ ялхуçалăх çулне Йĕпрес районĕ ăнăçлă вĕçлерĕ,—терĕ Йĕпресри МТС директорĕ Курманин юлташ.—Кăçалхи ĕçсене те ăнăçлă туса пырас шутпа МТС работникĕсем машинăсемпе тракторсене вăхăтра юсама тытăнчĕç. Вĕсем узловой-прогрессивлă меслетпе ĕçлесе, çуракине тухма машинăсемпе тракторсене февралĕн 20-мĕшĕ тĕлне юсаса пĕтерчĕç, хальхи вăхăтра комбайнсене юсаççĕ. МТС-ри комбайнсенчен çуррине ытла юсаса пĕтернĕ ĕнтĕ. Трактор бригадисем валли трактористсене тупса çитернĕ. Трактор бригадисемпе пĕрле камсем ĕçлемеллине палăртса хунă.

Малалла Курманин юлташ иртнĕ çулта договорсем тăрăх МТС илнĕ обязательствăсене 96,8 процент, колхозсем хăйсен обязательствисене 46 процент кăна пурнăçлани çинчен каларĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхозпа «Красный фронтовик» колхоз кăна хăйсен обязательствисене пĕтĕмпех пурнăçланă. Колхозсем уй-хире тислĕк кăларас, лашасем кÿлмелли сеялкăсемпе усă курас тĕлĕшпе хăйсен обязательствисене çителĕксĕр пурнăçланă. Лашасем кÿлмелли сеялкăсемпе колхозсем туллин усă курман. Çав вăхăтрах районĕпе акмалли çĕр лаптăкĕн 19 процентĕ çине тырă алăпа акса хăварнă. Колхозсем хăйсен молотилкисемпе те çителĕклĕ усă курмаççĕ.

Юлашкинчен Курманин юлташ машинăсене усрама çуртсем лартмалли, машинăсене горючипе çу ямалли хатĕрсем, сăмахран, горючи ярас тата çу сĕрес ĕçе туса çÿрекен урапасем пулмалли çинчен каларĕ.

Сĕмĕрле районĕнчи «Победа» колхоз председателĕ Носков юлташ кая юлнă колхоз мĕнле майпа малалла кайма пуçлани çинчен каласа пачĕ. Колхозри ĕçсем 1952 çулта лайăхланма пуçланă. Пĕлтĕр колхоз çурхи тырăсене тата кĕрхи тырăсене вăхăтра акса хăварнă, минераллă удобренисем тата тислĕк нумай хатĕрленĕ. Кăçал çуртрисенчен çуррине, çав шутра хура тулла, йĕтĕне, кантăра анлă ретпе тата хĕреслĕ майпа акса хăварма палăртнă.

Унтан Носков юлташ колхоза мелиораци машинисем ытларах ярса пама ыйтать. Колхоз улăхĕсенчен чылай пысăк пайĕ лачакаллă, çав лачакасене типĕтме машинăсем кирлĕ.

—Хамăр колхоза малта пыракан колхоз тума колхозниксем пур майсемпе те тăрăшассĕ,—тесе шантарса калать колхоз председателĕ Носков юлташ.

Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, Социализмлă Ĕç Геройĕ Зайцев юлташ канашлу участникĕсене пĕрлештернĕ колхоза нумай отраслĕлĕ тăвассишĕн кĕрешни çинчен, çавна май колхозăн общественнăй пуянлăхĕ ÿсни çинчен каласа пачĕ. 1946 çултанпа,—тет вăл,—артелĕн укçан илекен тупăшĕ 1 миллион тенкĕрен кая мар шутланать. Пĕлтĕр пирĕн колхоз 1.300.000 тенкĕлĕх тупăш илчĕ. 1940 çулта общественнăй çĕрĕн кашни гектарĕнчен 74 тенкĕ те 50 пус тупăш илнĕ пулсан (вăл шутра тырпултан гектар пуçне 44 тенкĕ те 10-шар пус, выльăх-чĕрлĕхрен 6 тенкĕ те 20-шер пус илнĕ) пулсан, иртнĕ çулта, гектар çине куçарса шутласан, укçан илнĕ тупăш 690 тенке çитрĕ; вăл шутра тырпултан 512-шер тенкĕ, выльăх-чĕрлĕхрен 140-шер тенкĕ тупăш илнĕ. Укçан илнĕ пĕтĕм тупăшра йĕтĕнрен илнĕ тупăш 34 процент йышăнать. Выльăх-чĕрлĕхрен илнĕ тупăш—20 процент. Ытти тупăша нумай çул ÿсекен курăк вăрлăхĕнчен, сад пахчинчен, хăмларан илнĕ.

Артель тупăшĕ ÿсни пире пайланман фонда хăвăрт ÿстерме май пачĕ. Çак çул пуçламăшĕнче пирĕн артелĕн пайланман фончĕ 2.798.807 тенке çитрĕ. Иртнĕ çулхине кăна эпир пайланман фонда 231 пин тенкĕ хыврăмăр. Иртнĕ çулсенче эпир тепловой электростанципе гидроэлектростанци, радиоузел, лаша, ĕне, пăру витисем, зернохранилище, складсем, гараж турăмăр. Иртнĕ çулхине кăна эпир икĕ автомашина туянтăмăр, халĕ пирĕн колхозăн пурĕ 7 автомашина пур.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç пирĕн колхозра тырпул акса тăвассинчен юлашки çулсене çитиччченех кая юлса пынă. Иртнĕ çулта эпир çак çитменлĕхе пĕтертĕмĕр, пур выльăхсем енĕпе те плана ирттерсе тултартăмăр.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем иртнĕ çулхине выльăхсене тăрантарас ĕçе лайăхлатрĕç, çакă вăл ĕнесенчен икĕ хут ытларах сĕт суса илме май пачĕ. Ĕçшĕн хушса тÿлемелли закона эпир çирĕппĕн пурнăçласа пыратпăр, çавна пула выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем плана палăртнă заданисене ирттерсе тултарма тăрăшассĕ. Çав йĕркепе тăрăх эпир иртнĕ çулта выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре малта пыракансене 4.555 литр сĕт, 5 пăру, 7 путек, 60 сысна çури тата 261 килограмм сысна ашĕ парттăмăр. Эпир выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе тунă ÿсĕмсемпе лăпланса ларма пултараймастпăр. Ку ĕçе малашне тата ытларах вăйлатса пыма майсем пур. Эпир пилĕкмĕш пилĕкçуллăхри задание срокчен тултарма задача лартрăмăр. Эпир çитес çулсенче кашни гектар пуçне 50—60-шар центнер утă, 30—40-шер тонна силос тумалли курăксем, 1.000—1.500-шер центнер выльăх кăшманĕ туса илессишĕн тăрăшатпăр, çав тапхăртах выльăх-чĕрлĕх витисем чылай тăвапăр, фермăсенчи ĕçсене механизацилесе çитерĕпĕр.

Пысăк тухăçлă тырпул никĕсне çуркунне хывма кирлине шута илсе, колхозра çурхи ĕçсене тума тĕплĕн хатĕрленеççĕ. Мĕнпур культурăсен вăрлăхĕсене лайăх хатĕрленĕ, вырăнти тата минераллă удобренисем нумай хатĕрлесе хунă, çурхи ĕçсен планне тунă, çынсене ĕçе татса паракан участоксем тăрăх вырнаçтарса тухнă.

Колхоз çитес çулсенче кашни гектар пуçне 25—30-шар центнер тĕштырă туса илессишĕн, кăçалхи çул кашни сăвакан ĕне пуçне 2.500-шер литр сĕт суса илмелле тăвассишĕн, укçан илекен тупăша 2,5 миллион тенке çитерессишĕн кĕрешет.

Ялхуçалăх институчĕн профессорĕ Пельцих юлташ пирĕн условисенче çĕрулми лартса тăвас ĕçе анлăрах сарма кирли çинчен каларĕ. Вăл çĕрулми тухăçлăхне ÿстермелли хальхи çĕнĕ агротехникăллă мероприятисем çинчен каласа пачĕ. Пельцих юлташ, уйрăмах, çĕрулми лартмалли сроксем çинче чарăнса тăчĕ, çĕрулми лартса тума çĕртме пуссисемпе усă курма кирлине палăртрĕ. Юлашкинчен вăл колхозсенче судан курăкне ытларах акса тума кирлине палăртрĕ.

Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз председателĕ Павлов юлташ канашлу участникĕсене колхоз хуçалăхĕнче выльăх-чĕрлĕхе йышлă ĕрчетни тата кантăр ытларах акса туни питĕ усăллă пулни çинчен каласа пачĕ. Паллă ĕнтĕ, нумай колхозсенче кантăра тивĕçлипе хакламан, çакăнпа та ăна тупăшлăх мар, хуçалăха кирлĕ чухлĕ те туса илеймен.

— 1947 çулччен,—тет Павлов юлташ,—эпир те кантăр акса тăвасси çине тимлĕн пăхман, ăна акакан çĕре çемçетме кирлĕ пек тăрăшман. Кантăр акмалли вырăна тислĕкпе çемçетнĕ хыççăн, унта кантăр тухăçлă пулчĕ, колхоз кантăртан чылай тупăш илчĕ. Халĕ эпир 45 гектар çине кантăр акма палăртрăмăр, çав шутран 25 гектар çинчи кантăра вăрлăх тума, 20 гектар çинчи кантăра сÿс тума акатпăр. Халиччен опытран çак ĕçе пурнăçлама май пурри уççăнах курăнать.

Юлашкинчен Павлов юлташ кантăр акас ĕçе, колхоза тата государствăна усă паракан ĕçе хакламан, кантăр акса тума килĕшмесĕр тăракан колхоз руководителĕсене хирĕç мерăсем йышăнма вăхăт çитнине палăртрĕ.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Пашин юлташ колхоз 1952 çулта, унччен пекех, общественнăй хуçалăхăн пур отраслĕсенче те пысăк çитĕнÿсем тума пултарни çинчен каларĕ.

— Иртнĕ çулта пăр çапнипе уй-хирти ыраш калчин 80 проценчĕ пĕтрĕ,—терĕ вăл.—Çапах та колхоз ыраш кашни гектартан вăтам шутпа 16 центнер пухса илчĕ. Ку акă мĕнле пулчĕ: сухаланă тата удобрени нумай тăкнă уй-хирте ыраш çĕнĕрен калча кăларса ăнăçлă ÿссе çитĕнчĕ. Хăшпĕр участоксенче ыраш кашни гектар çинчен 23 центнер пухса илтĕмĕр.

Техникăллă культурăсем эпир нумай акман. Анчах пĕр йĕтĕнрен кăна колхоз 150 пин тенкĕ тупăш илет.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана колхоз пур выльăхсем енĕпе те тултарнă. Кашни ĕнерен çулталăкра вăтам шутпа 1.759 литр сĕт суса илтĕмĕр. Анчах эпир çакăнпа лăпланса лармастпăр, кашни ĕнерен 2.500 литр сĕт суса илмелле тăвассишĕн тăрăшатпăр.

Пирĕн колхозниксем кăçал пур йышши выльăхсенчен те тата пысăкрах тупăш илессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Çĕртме пуссинчи 250 гектар çине эпир çĕрулми лартатпăр. Çакă вара пире мĕнпур выльăхсем валли сĕтеклĕ апат, тымарçимĕçпе силос çителĕклĕ хатĕрлеме май парать. Çĕрулми, тымарçимĕç вăрлăхĕсене хатĕрлесе хунă, силос тумалли культура вăрлăхĕсене туяннă. Çĕрулмине пухса кĕртсен, çав вырăна кĕрхи тырăсем акатпăр, унта кĕрхи тырăсем акса хăварма ĕлкĕреймесен, çуркунне вара çав вырăна çурхи тулă акатпăр. Çĕртме пуссине çĕрулми лартни пире тĕштырă чылай перекетлесе хăварма, çав тырра ĕçкунĕсем тăрăх валеçме май парать.

Колхоз кирпĕчрен 100 пуç ĕне выльăх усрамалли вите тăвать, водонапорнăй башньăна туса пĕтеретпĕр. Çĕрулмипе тымарçимĕç усрама 4 хранилище, силос хывма 7 çурма-башня туса лартрăмăр.

Кăçал колхоз укçан 2 миллион тенкĕ тупăш илме палăртрĕ. Çавна май кашни ĕçкунĕ пуçне виçĕ тенкĕрен кая мар валеçме май пулать. Иртнĕ çулта ĕçкунĕ пуçне 3 килограмм тулă, 6 килограма яхăн пахча çимĕç тата укçан икшер тенкĕ валеçрĕмĕр.

Афанасьев юлташ докладĕ тăрăх прениере тата Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Самылкин, Красноармейски районĕнчи «Путь Ленина» колхоз председателĕ Зорин, «Заготленăн» республикăри кантурĕн управляющийĕ Стрельников, Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ Мартынов, Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Юхтанов, Чăваш АССР Сывлăх министрĕ Ефимова, Муркаш МТС директорĕ Лаврентьев, Канаш районĕнчи «Канаш» ялхуçалăх артелĕн председателĕ Львов юлташсем тухса каларĕç.

Канашлу 1953 çулта тырпул тухăçлăхне, общественнăй выльăх-чĕрлĕхĕн йышĕпе тухăçлăхне хăпартса пырассишĕн вăйлăн кĕрешме пулса, социализмла обязательствăсем йышăнчĕ. Кăçалхи ялхуçалăх ĕçĕсене лайăх ирттерессишĕн тата государство умĕнчи обязательствăсене срокчен тултарассишĕн Мордвăпа Мари республикисенчи ялхуçалăх ĕçченĕсемпе малашне те ăмăртса ĕçлеме йышăнчĕ.

Канашлу участникĕсем, пĕр шухăшлăн пулса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Советне саламлă çыру яма йышăнчĕç.

Канашлу хупăнас умĕн КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Т. А. Ахазов юлташ сăмах тухса каларĕ. Вăл кăçал республикăри ялхуçалăх работникĕсем умĕнче тăракан задачăсене тĕплĕн кăтартса пачĕ.

Шупашкар

## КПСС Чăваш обкомне, Чăваш АССР Министрĕсен Советне

**Колхоз председателĕсен республикăри канашлăвĕ валли**

Мордва АССР-ĕнчи колхоз председателĕсемпе МТС директорĕсен республикăри канашлăвĕ сирĕн пата тăванла хĕрÿллĕ салам ярать тата КПСС XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕнчи мĕнпур ĕççыннисем умне кăларса тăратнă тĕп задачăна пурнăçлас енĕпе ăнăçлă ĕçлеме ырă сунать.

1952 ялхуçалăх çулĕн итогĕсене тата тырпул тухăçлăхĕпе общественнăй выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне малашне те ÿстерсе пымалли задачăсене сÿтсе явнă хыççăн, эпир, Мордва республикинчи мĕнпур колхозниксен, механизаторсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен ячĕпе, 1953 çулта та Чăваш республикинчи ялхуçалăх ĕçченĕсемпе социализмла ăмăртса ĕçлеме кăмăл тăватпăр.

Эпир çакна шанса тăратпăр: пирĕн тăванла республикăсенчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсем тата ялхуçалăх специалисчĕсем, социализмла ăмăртăва анлăн сарса пырса, тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе 1953 çулта çĕнĕ çитĕнÿсем тăвĕç, çапла вара хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе пысăк вăй хурĕç.

**Мордва АССР-ĕнчи колхоз председателĕсемпе МТС директорĕсен республикăри канашлăвĕнче пулнисен ячĕпе—канашлу президиумĕ.**

## Тăванла республикăсенчи ĕç хресченĕсен социализмла ăмăртăвне малалла сарса пырар!

**Мари АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ П. В. Щербаков юлташ каланă сăмахран**

Юлташсем! Парти обкомĕпе Мари АССР Министрĕсен Совечĕ хушнипе Мари республикинчи ялхуçалăх ĕçченĕсенчен Сире тăванла салам калама тата малашнехи ĕçре çитĕнÿсем тума ырă сунма ирĕк парăр.

Нумай çулсем хушши ĕнтĕ пирĕн республикăри колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсемпе ялхуçалăхĕнчи специалистсем сирĕн республикăри колхозлă уй-хир ĕçченĕсемпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Икĕ республикăри ялхуçалăх работникĕсене социализмла ăмăрту ялхуçалăхне вăйлатма тата партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçласа пыма пулăшать. Çак ăмăрту 1953 ялхуçалăх çулĕнче татах вăйланса пырасси пирки иккĕленÿ çук (Алă çупассĕ).

Сирĕн республика ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсем çинчен тата ĕçри çитменлĕхсем çинчен эпир Афанасьев юлташ тунă докладпа канашлу участникĕсем каланă сăмахсене итлерĕмĕр. Мари республикин колхозлă уй-хирĕсенчи ĕçхресченĕсем мĕнле ĕçлени çинчен Сире каласа пама ирĕк парăр.

1952 ялхуçалăх çулне кĕрсе, пирĕн республикăри ялхуçалăх работникĕсем совет халăхĕн çулпуçĕпе аслă учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин патне янă çырура ялхуçалăхĕнчи пур ĕçсене те ăнăçлăн пурнăçласа çитерме, пысăк тухăçлă тырпул туса илме, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерме обязательство илчĕç. Илнĕ обязательствăсене пурнăçа кĕртсе пырса, пирĕн республикăри колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем иртнĕ çулта ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе хăшпĕр çитĕнÿсем турĕç.

Колхозсем çурхи тырăсем акмалли государство планне 103,2 процент тултарчĕç, вăл шутра тулă акмалли плана 108,4 процент, хуратул акмалли плана—116,9 процент, выльăхсене çитермелли тымарçимĕç акмалли плана 101,7 процент, нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана—146 процент тултарнă.

Иртнĕ çулта республикăри колхозсенче агротехникăлла ĕçсене ăнăçлăрах пурнăçласа пынă. Сухалакан тăпра сийне тарăнлатас, кĕрхи çĕртме тăвас, удобренисем ытларах кăларас ĕçсене, тырпула лайăхрах майсемпе—хĕреслĕн тата ансăр регленĕн акассине, сортлă тырăсем акас ĕçе ытларах тата ăнăçлăрах пурнăçланă. Пĕрлешсе пысăкланнă колхозсем нумайăшĕ курăксем акмалли уйлă пусă çаврăнăшĕсем йĕркелесе янă.

Партипе правительство пысăк пулăшу парса тăнипе республикăри МТС-сем малта пыракан хăватлă техникăпа пуянланса пыраççĕ. 1952 çулта кăна республикăри МТС-сене дизель-моторлă гусеницăллă тракторсем 999, самоходнăй комбайнсем 363, «Сталинец-6» комбайнсем 11, сеялкăсем 300, культиваторсем 600 панă. Йĕтĕн комбайнĕсем тата ытти машинăсемпе оборудовани нумай килнĕ. Халĕ МТС-сем колхозсене пысăкрах пулăшу параççĕ. Тракторсемпе тумалли ĕçсен планне иртнĕ çулта 104,4 процент тултарнă, 1951 çултинчен 229 пин гектар ытларах ĕçленĕ. Уй-хирти ĕçсене тумалли сроксем кĕскелчĕç, ĕç пахалăхĕ ÿсрĕ. Çаксем пурте çĕре ĕçлессине лайăхлатма тата ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерме пулăшрĕç.

Республикăри малта пыракан колхозсем, сирĕн республикăри колхозсем пекех, 1952 çулта ялхуçалăх культурисене тухăçлă ÿстерсе пухса кĕртрĕç. Акă, тĕслĕхрен, Еласово районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çулта 161 гектар çинчен вăтам шутпа 15,5-шер центнер çурхи тулă пухса кĕртрĕ. Горно-Марийски районĕнчи Мосолов ячĕпе тăракан колхоз 19 гектар çĕр лаптăкĕ çинчен кашни гектартан вăтам шутпа 32,2-шер центнер вир, 30 гектар çинче гектартан 25-шер центнер çурхи тулă ÿстерсе илчĕ. Оршански районĕнчи Ухтомский ячĕпе тăракан колхоз 80 гектар çинчен вăтам шутпа 4,15-шер центнер йĕтĕн вăрри, 3,9-шер центнер йĕтĕн сÿсĕ илнĕ. Государствăна панă йĕтĕн продукцийĕшĕн колхоза 785 пин тенкĕ укçа тата тулă, сахăр, çу нумай панă. Çак колхозра 1952 çулта укçан илнĕ тупăш 1.118 пин тенкĕ пулнă.

Пысăк тухăçлă тырпул туса илнине пула, колхоз хăйне валли вăрлăх тата фураж çителĕклĕ таран уйăрса хучĕ тата ĕçкунĕсем çине 3,1-шер килограмм тĕштырă, 8 тенкĕ те 16-шар пус укçа, вăл шутра йĕтĕн акса ÿстернĕшĕн 4 тенкĕ те 50-шар пус валеçсе пачĕ. Йĕтĕн акса тунăшăн ĕçкунĕсем çине тивекен укçасăр пуçне колхоз правленийĕн председателĕ Помазкин юлташ 8 пин тенкĕ, трактор бригадин бригадирĕ—7 пин те 800 тенкĕ, уй-хир бригадин бригадирĕ—7 пин те 200 тенкĕ преми илнĕ.

Килемарски районĕнчи «Пробуждение» колхоз 21 гектар çинче кашни гектартан 3,6-шер центнер йĕтĕн вăрри, 5,1-шер центнер йĕтĕн сÿсĕ пухса кĕртнĕ. Йĕтĕн продукцине государствăна парса, колхоз 598 пин тенкĕ укçа илнĕ, урăхла каласан, йĕтĕн акса тунă кашни гектар çине 28 пин те 500 тенкĕ укçа тухнă.

Анчах, йышăнас пулать, пирĕн республикăра та чылай колхозсен тырпул тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. Хăшпĕр ялхуçалăх артелĕсенче агротехника япăх пурнăçланса пырать. Вĕсем кĕрхи çĕртме тумалли плансене пурнăçа кĕртсе пымаççĕ, çĕртме уйĕсенче тумалли ĕçсене вăхăтра тумаççĕ. Ăшăх тата предплужниксĕр сухалассине пĕтермен. Тырă кая юлса акаççĕ. Япăх вăрлăхсем акни те пулкалать, сортлă тырăсем акакан çĕр лаптăкĕ питĕ вăраххăн сарăлса пырать, вырăнти тата минераллă удобренисемпе пачах çителĕксĕр усă кураççĕ.

Республикăри колхозсенче общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç начар пулса пырать, общественнăй выльăх-чĕрлĕхĕн тухăçлăхĕ сахал.

Çуракине хатĕрленес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Республика пĕтĕмĕшпе илсен, вăрлăх хывмалли плана тултарчĕ пулсан та вăрлăх 80—90 процент таран кăна хатĕрленĕ колхозсем пур-ха. Йĕгĕл, нумай çул ÿсекен курăксен вăррисене акма кирлĕ чухлĕ уйăрса хуман, тракторсем юсаса пĕтермен, пĕрчĕллĕ культурăсене тата йĕтĕне пурне те çапса кĕртмен.

Юлташсем! Пирĕн республикăра ялхуçалăхне аталантарса пырас тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пуррине эпир лайăх ăнланатпăр, çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме тăрăшатпăр, 1953 ялхуçалăх çулĕнче пысăкрах çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешĕпĕр.

Пирĕн республикăра, Оршански районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем, МТС работникĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем пуçарнипе, ялхуçалăхĕнчи пур ĕçсене те вăхăтра тата пысăк пахалăхпа ирттерессишĕн, пысăк тухăçлă тырпул ÿстерсе илессишĕн тата кăçалхи çул государствăна ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлесе памалли плана срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Оршански районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсен чĕнĕвне пирĕн республикăри пур колхозсем те йышăнса илчĕç.

Юлташсем! Пирĕн халăхăн пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, культурăллă ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерсе пырассишĕн Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви яланах тимлĕ тăрăшассĕ. Апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене иртнĕ кунсенче çĕнĕрен йÿнетни çавна çĕнĕрен кăтартса парать. Партипе правительство тăрăшни çине ответлесе, пирĕн республикăри ĕççыннисем 1953 çулти плансене ăнăçлăн пурнăçлама тата ирттерсе пурнăçлама пулассĕ.

Тăванла Чăваш республикипе социализмла ăмăртăва тухса, Мари республикинчи ялхуçалăх ĕçченĕсем хăйсем çине илнĕ социализмла обязательствăсене чыслăн пурнăçласа пырассишĕн вăйлăн кĕрешĕç, пысăкрах тÿсĕмлĕхне ĕçлĕç, хамăр çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе пĕтĕм вăйа хурĕç.

Сывă пултăр пирĕн Коммунистсен партийĕ!

Сывă пултăр пирĕн тăван Совет правительстви!

Сывă пултăр пирĕн çĕршыври халăхсен никам çĕмĕреймен çирĕп туслăхĕ! (Нумайччен алă çупассĕ).

## Китайра çĕр кăмрăк промышленноçĕ аталанни

ШАНХАЙ, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). «Цзинцзибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, кăçал Пиньсянри (Вăтаçĕр Китайри Китай) çĕр кăмрăк кăларакан предприятисене вăйлатма укçа-тенкĕ нумай хывассĕ. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, кăçал çак ĕçсем валли икĕ хут ытларах укçа-тенкĕ пама палăртнă. Çĕр кăмрăк кăларакан вырăнта çĕнĕ ĕçсемпе строительство ĕçсем анлăн саралассĕ.

Халăх вăхăтра Пиньсянре хатĕрленӳ ĕçсем вăйланса пырассĕ.

## Чехословакири уй-хир ĕçĕсем

ПРАГА, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакире хĕрсе çуртри акассĕ. Кăçал пĕрлĕхлĕ ялхуçалăх кооперативĕсене машина-трактор станцийĕсем пысăк пулăшу парассĕ. Çуркунне ир килнĕ пулсан та, машина-трактор станцийĕсем ялхуçалăх машинисене çураки иртерме пур енчен те хатĕрлесе çитерне.

Чылай машина-трактор станцийĕсем ирхи культурăсем акмалли плана тултарнă. Çураки ĕçсенче Готвальд облаçĕнчи Дудлашицки МТС-ĕ малта пырать. Кунта бригадăсем хушшинче социализмла ăмăрту вăйлăн саралнă. Малта пыракан тракторист Вацлав Героĕс «Шкода-30» тракторпа, çемçе суха çине куçарса шутласан, 257 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă. Вăл майăн 1-мĕшĕччен тата 100 гектар сухаласа пама пулнă.

## Венгрири ĕççыннисен çитĕнĕвĕ

БУДАПЕШТ, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕршыври мĕнпур вырăнсенчи предприятисен, цехсен, бригадăсен коллективĕсенчен тата уйрăм ĕççыннисенчен Венгрие Совет Çарĕ ирĕке кăларнă кун ячĕпе пысăк çитĕнӳсем туни çинчен хыпарсем килсе тăрассĕ. Апрелĕн 3-мĕшĕнче Венгрири çĕр кăмрăк промышленноçĕ талăкри задание 124,6 процент тултарнă. Оздри çĕр кăмрăк тресчĕн шахтисем çав кунхи задание пĕр хут çурă иртерсе тултарнă, çĕр кăмрăк промышленноçĕнче пĕрремĕш вырăн йышăннă. Оздри доменщиксемпе Чепельри сталеварсем стахановла вахтăна тăрса ĕçленĕ кунсенче пысăк çитĕнӳсем тунă. Вĕсем хăйсен заданийĕсене чылай иртерсе тултарнă.

Матиас Ракоши ячĕпе тăракан комбинатра уяв ячĕпе газ заводне срокчен пĕр уйăх малтан туса пĕтерсе ĕçе янă.

Халĕ фабрикăсемпе заводсенче уяв кунĕсенче ăмăртура тунă çитĕнӳсене çирĕплетессишĕн кĕрешӳ пырать.

## Албанипе Румыни хушшинчи суту-илӳ килĕшĕвĕ

ТИРАНА, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Албанири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, мартăн 31-мĕшĕнче Бухарестра Албани Халăх Республикипе Румыни Халăх Республики хушшинче 1953 çул валли суту-илӳпе тӳлевсем çинчен килĕшӳ тунă. Çак килĕшӳ тăрăх Албани Румынине пăхăр, хром, цитрус çимĕçĕсем, маслина тата ыттисем те тăратать. Румыни хăй енчен Албание нефть продукчĕсем, хими продукчĕсем, цемент, хут, тырă тата ытти таварсем тăратать.

## Швецири Коммунистсен партийĕн XVI-мĕш съезчĕ хăйĕн ĕçне вĕçлене

СТОКГОЛЬМ, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Швецири Коммунистсен партийĕн XVI-мĕш съезчĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.

Съезд партин çĕнĕ программине пĕр шухăшлă пулса ырласа йышăннă, çавăн пекех Швецири ĕççыннисене пурнăçа лайăхлатассишĕн тата ĕçсĕрлĕхе хирĕç пĕрлешсе кĕрешме чĕнсе каланине йышăннă.

Çавăн хыççăн партин ертсе пыракан органĕсене суйланă.

Коммунистсен партийĕн председателĕ пулма Хильдинг Хагберга суйланă.

## Италири социалистсен партийĕн руководстви пĕлтерни

РИМ, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Сената салатса ямалла тунă тата демократие хирĕçле суйлав законĕ йышăнни май, Италири социалистсен партийĕн руководстви пĕлтерӳ пичĕтлесе кăларнă. Социалистсен партийĕ çитес суйлавсенче ĕççыннисене реакци маневрĕсене тăрă шыв çине кăларма чĕнет.

Италири социалистсен партийĕ халăха реакци провокаци тума хăтланнине тата уявлă ĕçсен тума хăтланнине хирĕç сыхăлăхлă пулма чĕнет, тенĕ чĕнӳре. Хăй енчен вăл суйлав кампанине конституцие тата демократиллĕ традицисемпе, социализмла традицисене пурнăçласа иртерме хатĕр тăрать.

### Францире прогрессивла деятельсене хĕсĕрлени

ПАРИЖ, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат çапла пĕлтерет: апрелĕн 5-мĕшĕнче полици Сотвиль-ле-Руан хулинчи кар-коммунист Боннафе çуртĕнче, Бенуа Фрашонпа Марсель Дюфриша ыйтрăр тесе, ухтару тунă.



Китай Халăх Республикинче.

Иосиф Виссарионович Сталин пирĕнтен уйрăлса кайнă кунсенче Мао Цзе-дун юлташ Китай Халăх Республикинчи ĕççыннисене малашне тата пысăкрах хăватпа ĕçлеме чĕнсе каланă. Вăл чĕнсе калани çине ответлесе, ĕççыннисем Китайпа Совет Союзĕн туслăхне малалла çирĕплетсе пыма, Совет Союзĕн малта пыракан опычĕпе анлăн усă курма тăрăшассĕ.

Шинзиншаньри металлурги комбиначĕн коллективĕ Совет Союзĕнчи рабочисем патне янă çырура çапла çырнă:

«Хаклă тăвансем, Совет Союзĕнчи рабочисем! Эсир пирĕн чи лайăх туссем, эсир пирĕншĕн ырă тĕслĕх пулса тăратăр. Эпир, комбинатри рабочисемпе служащисем, Мао Цзе-дун председатель тавра, Китайри Коммунистсен партийĕпе Центральнăй Халăх правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр. Совет Союзĕнчи халăхсем, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр, сыхăлăха ӳстерĕпĕр, демократиллĕ мир лагерьне—Совет Союзĕ ертсе пыракан мир лагерьне тĕреклетĕпĕр, вăй-хăвата темиçе хут ӳстерсе ĕçлĕпĕр, хамăр çĕршыври строительство планĕсене пурнăçлама сирĕн малта пыракан опыта вĕренĕпĕр, хамăр çĕршыва индустриализацилессишĕн кĕрешĕпĕр».

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шинзиншаньри металлурги комбинатĕнчи рабочисем Совет Союзĕнчи тусĕсем патне янă çыру çине алă пусассĕ.

«СИНЬХУА» агентствин фотоӳкерчĕкĕ.

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ апрелĕн 6-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç Пенамдон районĕнче оборонăра тăрса çапăçнă.

Тăшман пĕр полк вăйĕпе, авиаци тата артиллери пулăшнипе, темиçе хутчен те хаяррăн атака туса пăхнă. Анчах тăшманăн пур атакисене те сирсе янă.

Ĕнер çĕрле Америка авиацийĕ Хванхэ провинцийĕнче Понсамран кăнтăр енчи ялсем çине тапăннă. Бомбăсем 800 ытла пăрахнă. Вилнисемпе аманнисем пур.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 4 самолетне персе ӳкернĕ.

## Тыткăна илнĕ чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен Паньмыньчжоньра пыракан калаçусем

ПЕКИН, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин ятарласа кайнă корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Паян ирхине Паньмыньчжоньра çыхăну ушкăнĕсен пĕрремĕш ларăвĕ пулнă. Ларура Корейăпа Китай çыхăну ушкăнĕн пуçлăхĕ генерал Ли Сан Чо çапла каланă: «Пирĕн енĕ хăйĕн аллинче тăракан тыткăнри мĕнпур чирлĕ тата аманнă çар çыннисене, çак ыйтăва хăвăртрах тата пĕтĕмпех йĕркелес тĕлĕшпе, репатриаци туса тăван çĕршывсене яма хатĕр».

Хăйĕн заявленине ăнлантарса, генерал Ли Сан Чо çапла каланă: «Пирĕн енĕ тыткăнри мĕнпур чирлĕ тата аманнă çар çыннисене, вĕсен репатриаци тума право пур пулсан, вĕсене тӳрех репатриаци тума е тыткăна илнĕ çар çыннисем çинчен 1949 çулта Женевăра йышăннă конвенцийĕн 109-мĕш тата 110-мĕш статьисем тăрăх, нейтральнăй çĕршыва вырнаçтарма хатĕр».

Вăл çапла кăтартса панă: улăштарса илмелли чирлĕ тата аманнă çар çыннисен шутне палăртас тĕллевпе «малтан репатриаци тумалли тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисен категорине палăртни кирлĕ».

Америкăн çыхăну ушкăнне ертсе пыракан контр-адмирал Даниэль çак сĕнĕве тĕпчесе вĕренме кĕске вăхăтлăха перерыв тума ыйтнă. Лару пуçлансан, Даниэль çапла пĕлтернĕ: «Эпир вĕсене (тыткăна илнĕ чирлĕ тата аманнă çар çыннисене) категорисем тăрăх уйăрман». Америкăн çыхăну ушкăнне çакăн пек ыйту панă: вăл хăйсен тăван çĕршывне каялла таврăнма тивĕçлĕ тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене пурне те репатриаци тума хатĕр-и, çапла вара вĕсене тӳрех репатриаци тума е Женева конвенцийĕн статьисенче каланă тăрăх нейтральнăй çĕршыва вырнаçтарма хатĕр-и? Даниэль Корейăпа Китай енĕн сĕнĕвне тĕпчесе вĕренме перерыв тума, калаçăва тепĕр хут апрелĕн 7-мĕшĕнче ирхине 11 сехетре пуçлама ыйтнă.

Генерал Ли Сан Чо çапла каланă: тыткăна илнĕ чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илес тĕлĕшпе конкретлă мероприятисем çинчен Даниэль сĕннĕ килĕшӳ проектне тĕпчесе вĕренĕп тата çитес кĕске срокрах çак ыйту тăрăх хамăн конкретлă сĕнĕве тăратăп, тенĕ. Вăл калаçăва апрелĕн 7-мĕшĕнче ирхине пуçлама килĕшнĕ.

## *Паньмыньчжоньри калаçусем пирки*

ШАНХАЙ, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Киодо Цусин агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян Паньмыньчжоньри канашлура Пĕрлешнĕ нацисен командованийĕн çыхăну ушкăнĕн пуçлăхĕ контр-адмирал Даниэль тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илес пирки Корейăпа Китайăн çыхăну ушкăнĕн представителĕсене 9 сĕнӳ панă.

Вăл сĕнӳсем çаксем пек:

Улăштарса илмелли вырăн Паньмыньчжонь пулмалла; улăштарса илмелли йĕрке çинчен килĕшӳ тунă хыççăн 7 кунтан улăштарса илме тытăнмалла; Пĕрлешнĕ нацисен Хĕçпăшаллă вăйĕсем кашни кун, улăштарса илсе пĕтеричченех, Паньмыньчжоне тыткăнри çынсене 500-шер çын илсе пырассĕ: тыткăнри улăштарса илме палăртнă çынсене 25-шер çынна ушкăнсене пĕрлештермелле; тыткăна илнĕ кашни çын мĕнле национальность çынни пулнине, унăн хушаматне, рангне, номерне регистрацилемелле: тыткăнри çынсене йышăнакан представительсен кашни ушкăна йышăнмассеренех çынсене йышăнни çинчен калакан документ çине алă пусмалла; Паньмыньчжоне пынă чухне çул çинче транспорт колоннисем çине сывлăшран тапăнмалла мар тесе шантарса каламалла; çыхăну ушкăнĕ Паньмыньчжоньри нейтральнăй зонăна ирĕклĕн пырса тăма тата ирĕклĕн тухса кайма пултарать, анчах та çыхăну ушкăнĕн персоналĕн йышĕ, тыткăнри çынсемпе пĕрле шутласан, 300 çынтан ытла пулмалла мар; офицерсене процедура ыйтăвĕсене сӳтсе явма хушмалла; тыткăнри çынсене хăçан улăштарса илсе пĕтересси çинчен çыхăну ушкăнĕсен пуçлăхĕсен килĕшӳ çине алă пуснă чухне тагса памалла.

НЬЮ-ЙОРК, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Муньсанран пĕлтернĕ тăрăх, Пĕрлешнĕ нацисен çарĕсен командованийĕн çыхăну ушкăнĕн главнăй офицерĕ контр-адмирал Даниэль тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илес ыйтупа пулнă малтанхи лару пирки çапла каланă: тепĕр енĕн позицийĕ «питĕ объективлă». Эпир паллă прогресс турăмăр, тесе каласшăн эпĕ. Пĕр-пĕрне тĕл пулса, эпир хамăр шухăшсене пĕр-пĕрне пĕлтертĕмĕр, тенĕ вăл.

## Хельсинкири савăнăçлă лару

ХЕЛЬСИНКИ, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Финляндипе Совет Союзĕ хушшинче пĕрпĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор тунăранпа пилĕк çул тултарнă ятпа паян Хельсинкире савăнăçлă пуху пулнă. Ăна Финлянди Республикин правительстви иртгернĕ.

Пухура республика президенчĕ Паасикиви, премьер-министр тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Кекконен, министрсем: Луукка, Тĕрнгрен, Ойттинен тата ыттисем, сейм депутачĕсем, «Финляндипе Совет Союзĕ» обществин членĕсем, общесвăллă организацисен представителĕсем пулнă.

Пухура çавăн пекех Совет Союзĕн Финляндири посланникĕ В. З. Лебедев, Китай Халăх Республикин, халăх демократи çĕршывĕсен дипломатиллĕ представителĕсем, Совет Союзĕнчен килсе çитнĕ культура деятелĕсен делегацийĕн членĕсем пулнă.

Пухăва уçнă чухне Финляндипе Совет Союзĕн государство гимнĕсене каланă.

Финляндипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх договорĕ çинчен ют çĕршыв ĕçĕсен иккĕмĕш министрĕ Тĕрнгрен доклад туса панă.

## *Бразилири забастовка*

МОНТЕВИДЕО, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилире тата Уругвайра тухса тăракан хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Сан-Паулора (Бразили) пир-авăр тата металлурги промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисем вуннăмĕш кун забастовка тăвассĕ. Вĕсем ĕç укçи ӳстерме ыйтассĕ. Забастовка тăвакан рабочисем çумне йывăçран тĕрлĕ япала тăвакан промышленноçри рабочисем, электриксем тата производствăн ытти нумай отраслĕсенче ĕçлекен рабочисем 10 пин çын хутшăннă.

«Импренса популар» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Сан-Пауло хулинчи пир-авăрпа металлурги промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен мĕнпур рабочисенчен 93 проценчĕ забастовкăна хутшăннă. Пурĕ 200 пин çын ытла забастовка тăвать. Забастовкăсене путарса лартма тата рабочисем иртерекен демонстрацисемпе митингсене салатса яма правительство полици, гражданла гварди, утлă çар чаçĕсен вăйĕпе усă курать. Полиципе рабочисем хушшинче пулса иртнĕ тытăçусем вăхăтĕнче 40 çынна амантнă. Полици 62 çынна арестленĕ.

### Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Бирма комитечĕ Чжоу Энь-лай пĕлтернине ырлать

ПЕКИН, апрелĕн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Бирма комитечĕ Корейăра перемири тăвас пирки калаçусем пуçлас тĕлĕшпе Китай Халăх Республикин Государство Администраци Совечĕн премьерĕ Чжоу Энь-лай каланине ырлани çинчен пĕлтернĕ.

Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Бирма комитечĕн председателĕ паллă писатель Такин Кодау Маинг пресс-конференци пухнă. Унта вăл Чжоу Энь-лай пĕлтернине ырланă. Такин Кодау Маинг çапла каланă: Ази халăхĕ тата пĕтĕм тĕнчери халăх Корейăри хирĕçĕве мирлĕ майпа йĕркелесси çинчен тăратнă сĕнĕве пĕтĕм чĕререн хапăл туса йышăнассĕ.

# Çĕнĕ çĕре куçса кайрĕç

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Районти колхозсенчи чылай ĕççыннисем иртнĕ çулхине Красноярск крайне куçса кайнă. Вĕсем çĕнĕ çĕртри пурнăç пуян та тулăх тесе çырса пĕлтерессĕ. Çакăн хыççăн Красноярск крайне куçса каяс текенсен хисепĕ чылай ӳсрĕ. Мартăн 17-мĕшĕнче Энгельс ячĕпе тăракан колхозран 9 хуçалăх, «Коллективист» колхозран—виçĕ хуçалăх, «Крестьянин» колхозран—тăватă хуçалăх Красноярск крайне куçса кайрĕç. Çавнашкалах Киров ячĕпе тăракан колхозран 7 хуçалăх, «Свет», Берия ячĕпе тăракан, «Заветы Ленина» колхозсенчен—икшер хуçалăх пурĕ 26 хуçалăх куçса кайрĕç.

В. ЧОБАЙКИН.

* * *

ТĂВАЙ. Юлашки ик-виçĕ çул хушшинче районти колхозсенчен чылай колхозниксен çемйисем Молотов облаçĕнчи вăрманпромхозсенче ĕçлеме куçса кайрĕç. Иртнĕ çул унта 50 хуçалăх куçса кайнă. Вĕсем вăрманпромхозсенче ĕçлесе пурăнассĕ. Кашни çемьене стандартлă çурт панă, электричествăпа радио кĕртнĕ. Нумай колхозниксем кĕске вăхăтрах, государство пулăшнипе, хăйсем валли çуртсем лартнă, выльăх-чĕрлĕх туяннă.

— Вăрманта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме питĕ аван, пур условисем те çителĕклĕ,— тесе çырать Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕ пулнă П. Кузьмин юлташ.— Пире кунта кашни çул утă çулмалли çĕр парассĕ, унсăр пуçне çур гектар пахча вырăнĕ панă. Эпĕ питĕ çителĕклĕ пурнăçпа пурăнатăп. Хамăр районти колхозниксене пирĕн пата килме чĕнетĕп.

Молотов облаçне Тăвай районĕнчен кăçал та нумай колхозниксем куçса кайма кăмăл тӳрĕç. Мартăн 2-мĕшĕнче 9 çемье, çак кунсенче тата 19 çемье куçса кайрĕç.

А. ВИКТОРОВ.

# Ача-пăча кĕнекисен эрнинче

ПЕРВОМАЙСКИ. Çĕньялти çичĕ çул вĕренмелли шкулта ача-пăча кĕнекисен эрнине иртерме мартăн пуçламăшĕнчех хатĕрленме тытăннăччĕ.

Шкул коридорĕнче вулакансен кĕтесне йĕркеленĕ. Унта вĕренекенсем вуламалли кĕнекесен списокне çырса çапнă, ача-пăча кĕнекисен тата писательсен фотоӳкерчĕкĕсенчен витрина тунă.

Вĕренекенсен библиотекине çĕнĕ кĕнекесемпе пуянлатнă. Çак кунсенче кăна 200 тенкĕлĕх кĕнеке туяннă. Куçса çӳрекен библиотека шучĕпе районти библиотекăран чылай кĕнекесем илсе килнĕ, пионерсемпе вĕренекенсем 30 ытла кĕнеке пухса панă.

Вĕренекенсем районти библиотекăра экскурсинче пулчĕç. Унта вĕсем библиотекăри йĕркесемпе, кĕнекесен выставкисемпе, фотомонтажсемпе паллашрĕç.

Литература кружокĕн членĕсем «Эпир телейлĕ ачасем» тата «Эпир миршĕн» темăсем тăрăх альбомсем тунă.

Аслă классенче «Кĕнеке—пирĕн туспа» тема тăрăх сочинени çырнă.

Пирĕн çĕршывра ача-пăча кĕнекисен эрнине иртересси йăлана кĕнĕ. Çак эрнере совет ачисем кĕнекесене тата ытларах юратма вĕренессĕ, писательсемпе поэтсен ĕçĕсемпе тĕплĕрех паллашассĕ.

Пирĕн шкулта ача-пăча кĕнекисен эрнинче «Ача-пăча литературин çитĕнĕвĕсем» темăпа доклад пулчĕ. Александр Алга çырнă «Султалăк» ятлă кĕнеке тăрăх вулакансен конференцине иртернĕ.

В. АНТОНОВ.

## Тилĕ ферминчен пысăк тупăш

Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозра тилĕ ĕрчетекен колхозсенчи звереводсен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Унта участоксенчи тата районсенчи зоотехниксем те пулчĕç. Канашлура тилĕ ĕрчетекен колхозсен иртнĕ çулхи итогĕсене пăхса тухрĕç.

Хура тилĕ ĕрчетекен колхозсем тилĕ фермисенчен пысăк тупăш илессĕ, государствăна хаклă продукци хатĕрлесе парассĕ. Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз пĕлтĕр 14 амаран 39 тилĕ çури илсе, вĕсене лайăх пăхса ӳстернĕ. Государствăна тилĕ тирĕсем парса колхоз 33 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Колхозниксем килĕшнипе государствăран тухакан укçашăн пĕтĕмпех промышленность таварĕсем илнĕ. Кăçал колхоз тилĕ фермине тата пысăклатать. Халĕ кунта 20 ытла тилĕ. Тилĕ фермин заведующийĕ А. Дмитриев тата зверевод В. Пыркова кăçал кашни амаран 4-шар çура илсе пăхса ӳстерме пулнă.

Йĕпреç районĕнчи «Большевик» колхозри тилĕ ферминче ĕçлекенсем те пĕлтĕр паха çитĕнӳ тунă. Кунта ĕçлекен А. Чугоров зверевод 8 амаран 23 çура илсе пăхса ӳстернĕ. Колхоз государствăна тилĕ тирĕ парса 27.232 тенкĕ тупăш илнĕ. Çавăн пекех Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз (зверевод П. Болдаков) тилĕ тирĕ парса 25 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

Çак тĕслĕхсем тилĕ ĕрчетекен колхозсем государствăна паха продукци хатĕрлесе панипе пĕрлех хăйсем те пысăк тупăш илнине кăтартса парассĕ. Тилĕ фермисенче ĕçлекенсем кăçал хăйсен ĕçне тата лайăхлатма йышăннă. Тилĕ çурисене пурне те лайăх пăхса ӳстерсен кăçал тилĕ ĕрчетекен колхозсем 200 пин тенкĕ ытла тупăш илме пултарассĕ.

А. ГЛАДЫШЕВ.

## Юрăпа ташă кружокĕ

Канашри вагонсем юсакан заводра темиçе çул хушши юрăпа ташă кружокĕ ĕçлет. Кружок членĕсем вырăс, чăваш юррисене, парти, Ленин, Сталин, Тăван çĕршыв çинчен хывнă юрăсене ăста юрлассĕ, тĕрлĕ халăхсен ташшисене лайăх ташлассĕ. Кружок завод клубĕнче, Канашра концертсем панисĕр пуçне сывăхри районсене те кайса концертсем парать.

Ф. СТЕПАНОВА.

## Атăл çинче

Иртнĕ талăк хушшинче Шупашкар тĕлĕнче Атăл шывĕ 43 сантиметр, кăçал пурĕ 1 метр та 55 сантиметр хушăннă. Çыран хĕррипе шыв тăратĕ, пăр тĕксĕмленнĕ.

Рязань хули тĕлĕнче пăр тапраннă. Астрахань тĕлĕнче пăр кайнă, пăрахутсем çӳреме пуçланă.

Апрелĕн 6-мĕшĕнче Калинин хули тĕлĕнче пĕлтĕрхинчен икĕ эрне маларах пăрахутсем çӳреме пуçланă. «Иван Гудов» буксирлă пăрахут Калининран Старица хулине виçĕ баржа илсе кайнă.

## ПĔЛТЕРНИ

**Апрелĕн 8-мĕшĕнче, 19 сехетре, Советсен çурчĕн Пысăк залĕнче хулари агитаторсен пухăвĕ пулать. Пухура сӳтсе явмалли ыйту: «Хулари халăх хушшинче политикăллă агитаци ĕçне туса пырасси мĕнле тăни тата агитаторсен задачисем çинчен». Докладчик—КПСС хула комитечĕн секретарĕ А. П. Швечков юлташ.**

* * *

**Апрелĕн 8-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче партипе хуçалăх ĕçĕнчи актив валли тата агитколлектив руководителĕсем валли лекци пулать. Тема: «Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем—совет халăхĕ коммунизм тăвассишĕн кĕрешмелли программа». Лектор—А. Ф. Сютруков юлташ.**

**КПСС ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔ.**

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ—апрелĕн 8-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Айдар». Спектакль 20 сехетре пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА»—апрелĕн 8-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Снегурочка»; 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланакан сеанссенче «Анна Каренина» (пĕрремĕш сери).

«УДАРНИК»—апрелĕн 8-мĕшĕнче «Тарзан» (иккĕмĕш сери).



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-34, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, хаçуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01063 Типографи №1 Чувашполитграфиздата. Тираж 20.000 экз.